ПИЧĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе, Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь
25
юнкун
№ 18 (9697)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Россия Федерацийĕнчи хуçалăхпа культурăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемшĕн!

Ĕнер пирĕн Тăван çĕршывăн столицинче—Мускавра Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕн сессийĕ ĕçлеме пуçларĕ.

РСФСР Верховнăй Совечĕн сессийĕ КПСС XX-мĕш съездне хатĕрленнĕ май пирĕн аслă Тăван çĕршыври халăхсем пурте политика тĕлĕшĕнчен пысăк çĕкленупе пурăннă тата пысăк хастарлăхпа ĕçленĕ лару-тăрура уçăлчĕ.

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956 — 1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен партин Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ проекчĕ сессире тĕп вырăнта тăрать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Россия Федерацийĕнче, Совет Союзĕнчи ытти республикăсенчи пекех, хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕ чаплă ĕçсем тумалла пулать. Директивăсен проектĕнче палăртнă тăрăх пилĕкçуллăхра РСФСР территорийĕнчи пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,7 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине 1,6 хут ӳстермелле. Республикăра йывăр промышленноçăн çĕнĕ пысăк предприятийĕсене туса лартмалла, халĕ ĕçлекен предприятисен ĕçне çĕнĕ, ӳлĕрех пусăма хăпартмалла. Йывăр индустрие, уйрăмах Урал, Çĕпĕр тата Инçет Хĕвелтухăç районĕсенче, малалла ӳстернипе пĕрлех çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕсене хăвăртрах аталантармалла пулать. РСФСР-та пилĕкçуллăхра тĕштырă туса илессине 80 процента яхăн, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине—икĕ хута яхăн ӳстермелле.

Депутатсем, РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тунă доклад тăрăх тухса каласа, улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне хĕрӳллĕн саламлаççĕ тата пурте пĕр кăмăллă пулса ырлаççĕ.

«Амурсталь» заводри сталевар, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Войтович юлташ сессире çапла каланă:

— Хальхи вăхăтра Амур çинчи Комсомольскри предприятисемпе стройкăсенчи ĕççыннисем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вăхтине тăчĕç. Пирĕн хулари ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, партин XX-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илме, 1956 çулта—улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче—пирĕн умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçлама вăя шеллемесĕр тăрăшса ĕçлеççĕ.

— Партин XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне колхоз хресченĕсем пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлаççĕ,—тесе каланă Рязань облаçĕнчи «Фундамент социализма» колхозри доярка, Социализмла Ĕç Геройĕ, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Коврова юлташ.—Рязань облаçĕнчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем те ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тесе вăй хурса ĕçлеççĕ. Облаçри колхозниксем çĕнĕ хуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 2.500-шер килограмран кая мар сĕт суса илме, ĕнесен шутне ӳстерме, 150 пин пăрушран кая мар пăхса ӳстерме, питĕ лайăх культура пулса тăракан кукурузăна ытларах акма пулчĕç.

Россия Федерацийĕн 1956 çулхи Государство бюджечĕ—РСФСР Министрĕсен Совечĕн Верховнăй Совета тăратнă бюджечĕ—улттăмĕш пилĕкçуллăхри пĕрремĕш çулталăкра халăх хуçалăх планĕ тăрăх тума палăртнă мĕнпур ĕçсем валли укçа-тенкĕ çителĕклĕ парса тăма май парать. РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджетĕнче тупăшсем тата расходсем 74.181 миллион тенкĕ, е 1955 çулхинчен 6,7 процент ытларах пулаççĕ.

Бюджетри укçа-тенкĕн чи пысăк пайĕ—92,5 проценчĕ—халăх хуçалăхне, халăха вĕрентес ĕçе, халăх сывлăхне сыхлас ĕçе тата ытти социальнă-культурăлла ĕçсем тума каять. Хуçалăхпа культура строительствине укçа-тенкĕ пĕр татăксăр парса тăрасси бюджетăн тупăш пайне пурнăçласа пынинчен килет. Тупăшсем пуринчен ытла социализмла хуçалăхран пухăнаççĕ. Вĕсем бюджетăн тупăшĕсен пайĕн тăватă пайĕнчен виçĕ пайĕ шутланаççĕ. Кăçалхи çул республикăри тата вырăнти промышленность предприятийĕсенче продукцин хăйне ларакан хакне 2,4 процент чакарма палăртнă, ку вăл 5 миллиард тенкĕ ытла пулать. Çак задание пĕтĕмпех пурнăçласа çитермелле тата ăна ирттерсе пурнăçламалли майсемпе резервсем тупмалла.

Государствăн 1956 çулхи планĕ тăрăх РСФСР-та промышленность производствине 8,4 процент ӳстерме, продукци нахалăхне лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме палăртса хунă. План тăрăх кăтартса панă заданисене хуçалăх органĕсем пурте, предприятисем пурте пурнăçламалла тăвас пулать.

Анчах та, сессире кăтартса панă тăрăх, Россия Федерацийĕнче республикăри промышленноçăн тата вырăнти промышленноçăн нумай предприятийĕсем плансене тултарса пыраймаççĕ. План тăрăх кăтартса панă заданисене пурнăçламан промышленность отраслĕсем те пур. Производство процесĕсене механизацилесси тата автоматизацилесси вăраххăн пулса пырать.

Депутатсем хăйсен сăмахĕсенче пирĕн промышленность предприятийĕсен, колхозсен, совхозсен тата МТС-сен пысăк резервсем пуррине палăртаççĕ, çав резервсемпе усă курмалли майсене кăтартса параççĕ. Хуçалăх руководителĕсен, парти, совет тата профсоюз органĕсен халех пурнăçламалли задачи çакă пулать: ĕçри çитменлĕхсене кĕске срокра пĕтермелле, промышленность тата ялхуçалăх производствине аталантарас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тумалла.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ пичетленсе тухсан рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин политикăлла тата ĕçри çĕкленĕвĕ çĕнĕ хăватпа вăйланчĕ. Пур çĕрте те 1956 çулхи—çĕнĕ пилĕкçуллăхри пĕрремĕш çулталăкри государство планне срокчен пурнăçлассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать.

Пирĕн Тăван çĕршыври ĕççыннисем, тăван Коммунистсен партийĕ тавра тачă пĕтĕçсе, КПСС XX-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илме, хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума тăрăшаççĕ.

(«ПРАВДА» хаçатăн 1956 çулхи январĕн 24-мĕшĕнчи умстатьи).

## РСФСР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕ

Январĕн 23-мĕшĕнче Кремльте РСФСР-ăн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕ ĕçлеме пуçланă.

Ирхине 10 сехет. Кремльти Пысăк Дворецăн ларусем ирттермелли залпе депутатсемпе нумай хăнасем пухăннă. Мускаври дипломатилле чылай представительствăсен пуçлăхĕсем, совет журналисчĕсемпе урăх çĕршывсен журналисчĕсем пур.

**К. Е. Ворошилов, Л. М. Каганович, Г. М. Маленков, А. И. Микоян, В. М. Молотов, М. Г. Первухин, М. З. Сабуров, М. А. Суслов, Н. С. Хрущев, Н. М. Шверник, А. Б. Аристов, Н. И. Беляев, П. Н. Поспелов, Д. Т. Шепилов** юлташсем правительство ложисенчи вырăнсене йышăнаççĕ. Вĕсене депутатсемпе хăнасем нумайччен тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ.

Сессие РСФСР Верховнăй Совечĕн Председателĕ **И. В. Горошкин** депутат уçать. Вăл çапла пĕлтерет: ларура Болгари Халăх Республикин Халăх Пухăвĕн бюровĕн председателĕ Ф. Козовский ертсе пыракан делегацийĕ пур, вăл пирĕн çĕршыва СССР Верховнăй Совечĕ чĕннипе хăнана килнĕ. Тăванла Болгари халăхĕ ячĕпе яланах ăнăçлă çыннисене депутатсем чĕререн саламлаççĕ.

Унтан Россия Федерацийĕн виçĕ суйлав округĕнче тухса ӳкнĕ депутатсем вырăнне суйланă депутатсем çинчен Мандат комиссийĕн председателĕ **Н. Ф. Игнатов** депутат тунă доклада итлесе çирĕплетеççĕ.

Çакăн пек кун йĕрки йышăнаççĕ:

1. РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджетне çирĕплетесси тата РСФСР-ăн 1954 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета çирĕплетесси.

2. РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕсене çирĕплетесси.

РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата РСФСР-ăн 1954 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен доклад тума РСФСР Финанс министрне **И. И. Фадеев** депутата сăмах параççĕ.

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен партин Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ проектне, тет докладчик, пирĕн çĕршыври ĕççыннисем çав тери хавхаланса кĕтсе илчĕç. Политикăлла питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ çак документра миллионшар совет çыннисен пурнăçри тĕп интересĕсем, шухăшĕсем тата ĕмĕчĕсем палăрса тăраççĕ.

Совет Союзĕнчи тăванла мĕнпур халăхсемпе пĕрле Россия Федерацийĕнчи ĕççыннисем социализмла экономикăпа культурăна аталантарас ĕçре пысăк çитĕнӳсем турĕç. 1955 çулта республика промышленноçĕпе вырăнти промышленность пĕтĕм продукци туса кăлармалли плана тултарчĕ, 1954 çулхинчен 7 процент нумайрах продукци туса кăларчĕ. Промышленноçăн çĕнĕ нумай предприятийĕсене ĕçе янă. Малта тăракан техникăна, прогрессивнăй меслетсене ĕçе кĕртсе пынипе, производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курнипе ĕç тухăçлăхне ӳстернĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетнĕ.

1955 çулта республикăри колхозсемпе совхозсен тырпул акса тăвакан çĕр лаптăкĕсем 9 миллион гектар хушăннă. Выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхĕ ӳснĕ. Кукуруза, йĕтĕн, хĕвелçаврăнăш, сахăр кăшманĕ, сĕт, çăм тата пахча çимĕç чылай нумайрах туса илнĕ тата хатĕрлесе хунă.

Халăх хуçалăхĕ вăйланса пыни ĕççыннисен пурнăçĕн материальнăй тата культурăллă шайне малалла ӳстерме май панă.

Халăх хуçалăхне аталантарас, пирĕн халăхăн пурнăçне лайăхлатас тата унăн культурине ӳстерес ĕçре тунă çитĕнӳсем, тет докладчик, республика бюджетне пурнăçланинче палăрчĕç. 1954 çулта РСФСР-ăн Государство бюджетне тупăшсем енĕпе 100,5 процент пурнăçланă, расходсем енĕпе—100,4 процент.

РСФСР-ăн 1955 çулхи Государство бюджетне, малтанлăха шута илнĕ тăрăх, тупăшсем енĕпе 102,3 процент пурнăçланă, расходсем енĕпе—101,7 процент.

Пирĕн çĕршыври халăхсем çакна лайăх пĕлеççĕ: Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви кашни совет республикин производительнăй вăйĕсене пур майсемпе те ӳстерессишĕн, пур республикăсене те вăйлатса чечеклентерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ, тет малалла Фадеев депутат. Çакна ăна ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ проекчĕ çĕнĕрен, питех те уççăн кăтартса парать. Союзлă республикăсен халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе çак проектра палăртса хунă заданисем Россия Федерацийĕн хуçалăхĕпе культурине вăйлатас ĕçре çĕнĕ пысăк утăм тăвассине пĕлтереççĕ. РСФСР промышленноçĕ çак пилĕкçуллăхра туса кăларакан пĕтĕм продукцин хисепĕ 60 процент, тĕштырă туса илесси 80 процент, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илесси икĕ хута яхăн ӳсет.

Çак задачăсемпе килĕшӳллĕн РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджетĕнче промышленноçпа ялхуçалăх производствине малалла ӳстерме, капитальнăй ĕçсем нумайрах тума, социальнăй-культурăлла учрежденисем тăвакан ĕçсене пурнăçлама тата çĕнĕ учрежденисем тума укçа-тенкĕ çителĕклĕ пулать.

Государство бюджечĕн тупăшĕсемпе расхочĕсем 74.181 миллион тенкĕ, 1955 çул валли палăртса хунинчен 6,7 процент ытларах пулаççĕ. Социализмла хуçалăхран пухăнакан укçа-тенкĕ бюджет тупăшĕсен тĕп çăлкуçĕ пулать. Вăл 55.715 миллион тенкĕ, иртнĕ çулхи пекех, бюджетăн мĕнпур тупăшĕсен 75 проценчĕ пулмалла.

Докладчик çакна палăртать: бюджета ăнăçлă пурнăçлас ĕçре пĕтĕм продукци туса кăлармалли плана кашни предприяти, кашни хуçалăх организацийĕ тултарса пыни, вĕсем продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Анчах та резервсемпе начар усă куракан, производство планĕсене тултарман, ĕç тухăçлăхне ӳстерес тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес тĕлĕшпе заданисене пурнăçласа пыман уйрăм предприятисем кăна мар, промышленноçăн пĕр-пĕтĕм отраслĕсем те пур-ха. Çапла, сăмахран, РСФСР Вăрман промышленность министерстви темиçе çул хушши ĕнтĕ вăрман касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли плансене тултараймасть, продукцин хăйне ларакан хакне тĕлĕшпе кăтартса панă заданисене пурнăçлаймасть, пысăк убытоксем туса ĕçлет.

Иртнĕ çул республика промышленноçĕ пысăк тухăçлă ĕçлекен çĕнĕ оборудованипе пуянланчĕ. Анчах та çак пуян техникăпа хăшпĕр çĕрте туллин усă курмаççĕха. Строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра çĕнĕ оборудование ĕçе ярассине çителĕксĕр йĕркеленĕ. Докладчик апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн, автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен, вырăнти промышленность министерствисен, çавăн пекех республикăри промысла кооперацийĕн предприятийĕсенчи çĕнĕ техникăна производствăна кĕртес ĕçри, хальхи оборудованипе усă курас ĕçри çитменлĕхсем çинчен калать.

РСФСР министерствисемпе центральнăй учрежденийĕсен предприятисене финанс тĕлĕшĕнчен ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле, материальнăй тата укçа-тенкĕ ресурсĕсене тирпейсĕр, вырăнсăр тăкакласине пĕтермелле, перекетлĕх режимне çирĕп тытса пымалла, хуçалăх расчетне çирĕплетмелле, пур предприятисене те тупăш парса ĕçлекен предприятисем тăвас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Россия Федерацийĕн 1956 çулхи Государство бюджечĕн расхочĕсем çинчен каласа, Финанс министрĕ çапла пĕлтерет: бюджетри мĕнпур укçа-тенкĕн 92,5 проценчĕ халăх хуçалăхне малалла аталантарас, халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас ĕçе тата социальнă-культурăлла ытти мероприятисене пурнăçлама каять. Çакăнта ĕнтĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви республикăн халăх хуçалăхне вăйлатассишĕн, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн тата вĕсен культурине ӳстерессишĕн тăрăшни курăнать. 1956 çулта РСФСР халăх хуçалăхне 34.852 миллион тенкĕ—иртнĕ çулхинчен 20,8 процент нумайрах памалла.

Партипе правительство халăхăн культура тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ, тет докладчик. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче çутĕç, сывлăха сыхлас ĕç тата культура учрежденийĕсен шутне ӳстерес тата вĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерме палăртнă. Çак ĕçсем валли уйăрса паракан укçа-тенкĕ хисепĕ ӳсет. Кăçал вĕрентӳ ĕçĕ валли 23.961 миллион тенкĕ уйăрса параççĕ. Çак укçаран çурри ытла пĕтĕмĕшле вĕрентӳ шкулĕсене, çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсене, шкулсем çумĕнчи интернатсене тытса тăрас ĕçе каять. Пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсенче 1956 çулта ачасемпе çамрăксем 16 миллион çынна яхăн вĕренеççĕ, интернатсенче 476 пин шкул ачи пурăнать, ача сачĕсенче çур миллион ытла ача вĕрентсе ӳстермелле. Республикăри хуласемпе ялсенче 1.115 çĕнĕ библиотека, ялсенче 300 культура çурчĕ уçăлать, киноустановкăсен тата ялти клубсен шучĕ ӳсет. Горький, Куйбышев, Кемерово, Саратов, Новосибирск хулисемпе ытти чылай хуласенче телевидени центрĕсем тăваççĕ.

Халăх сывлăхне сыхлас ĕç çине питĕ тимлĕ пăхаççĕ. 1956 çулта çак ĕçри расходсем иртнĕ çулхинчен 15,4 процент пысăкрах пулаççĕ. Физкультурăпа спорта малалла аталантарма, социальнăй пулăшу тата социальнăй страховани валли уйăрса паракан укçа-тенкĕ хисепĕ ӳсет.

Малалла докладчик крайсен, облаçсен тата автономилле республикăсен бюджечĕсем çинчен каласа парать.

Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне пирĕн халăх социализмла ăмăртăва хăватлăн вăйлатнипе тата ĕçре çĕнтерӳсем тунипе кĕтсе илет. Çакă вăл, тет юлашкинчен Фадеев депутат, 1956 çулхи халăх хуçалăх планĕпе бюджет ăнăçлă пурнăçланассине шантарса тăрать. Россия Федерацийĕнчи халăхсем Коммунистсен мухтавлă партийĕ тавра тачă пĕтĕçнĕ. Вĕсем хăйсен мирлĕ пултаруллă ĕçĕнче çĕнĕ çитĕнӳсем туса, коммунизм строительствин аслă ĕçне çĕнĕрен пысăк вăй хурĕç.

Унтан Бюджет комиссийĕн председателĕ **Н. И. Бобровников** депутат содоклад тунă. Вăл çапла пĕлтернĕ: Бюджет комиссийĕ бюджет тупăшĕсемпе расхочĕсен мĕнпур статьисене, министерствăсен тата ведомствăсен финанс планĕсемпе сметисене тĕплĕн пăхса тухрĕ. Бюджет комиссийĕ РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджетĕнче укçа-тенкĕ хисепĕ РСФСР Министрĕсен Совечĕ йышăннă чухлĕ пулмалла туса, Бюджет комиссийĕн хăшпĕр тӳрлетĕвĕсене кĕртсе, çирĕплетме сĕнет, тенĕ.

РСФСР-ăн 1956 çулхи Государство бюджечĕн тупăшĕсене 85 миллион та 916 пин тенкĕ ӳстермелле. Тупăшсене ӳстернипе тата хăшпĕр расходсене чакарнипе пурĕ татах 87 миллион та 932 пин тенкĕ пухăнать. Çак укçана Бюджет комиссийĕ бюджет тупăшĕсене унăн расхочĕсенчен пысăкрах тăвас çĕре яма сĕнет.

Бюджет комиссийĕ çавăн пекех 1954 çулхи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета пăхса тухрĕ. Комисси çак отчета çирĕплетме сĕнет.

Ирхи ларура Болгари Халăх Республикин Халăх Пухăвĕн бюровĕн председателĕ **Ф. Козовский** сăмах тухса каланă. Ăна пурте ăшшăн кĕтсе илнĕ. Ф. Козовский Россия Федерацийĕнчи ĕççыннисене тата Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсене салам каланă, вĕсене коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă суннă.

* * *

Январĕн 23-мĕшĕнче сессин каçхи ларăвĕнче РСФСР Государство бюджечĕ çинчен тунă докладпа содоклад тăрăх пренисем пуçланнă.

Пренисенче **С. В. Шевченко** депутат (Алтай крайĕ), Рязань облаçĕнчи «Фундамент социализма» колхозри доярка **П. Н. Коврова** депутат, **А. М. Войтович** депутат (Амур çинчи Комсомольск), **Н. Н. Родионов** депутат (Ленинград), РСФСР Ялхуçалăх министрĕ **П. И. Морозов, И. Т. Марченко** (Мускав), **В. Н. Корнеев** (Воронеж облаçĕ), **С. С. Романова** (Калуга облаçĕ), **А. Г. Валиуллина** (Тутар АССР-ĕ), **Г. И. Кондратьев** (Мари АССР-ĕ) тата **П. В. Сурин** (Тамбов облаçĕ) депутатсем тухса каланă.

Январĕн 24-мĕшĕнче сесси малалла ĕçлет. (ТАСС).

Ялхуçалăх артелĕн председателĕ—колхоз производствин организаторĕ

### Вăтăр пин шучĕпе колхоза ĕçлеме кайнă П. В. Яровский агроном

КРАСНОДАР КРАЙĔ. П. В. Яровский агроном çирĕм çичĕ çул совхозра ĕçленĕ. Парти чĕннипе вăл иртнĕ çул колхоза кайма кăмăл тунă, ăна Анапа районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем колхоз председателĕ пулма суйласа лартнă.

Артелĕн хуçалăхĕне тĕплĕн палласа хыççăн вăл колхозниксене кукуруза ытларах туса илме кирли çинчен ăнлантарса пама тытăннă.

Колхоз иртнĕ çул 1.200 гектар кукуруза акнă. Колхозниксем ăна лайăх пăхса çитĕнтернĕ. Кашни гектартан 33 центнер, кашни гектартан иртнĕ çулхинчен 10-шар центнер ытларах кукуруза тĕшши пухса кĕртнĕ.

Председатель-агроном хуçалăха ăста ертсе пыни ытти культурăсен тухăçне те чылай ӳстерме пулăшнă. Агротехника кăтартăвĕсене çирĕп пурнăçласа пырасси колхозăн кулленхи йăли пулса тăрать. Механизаторсем те ĕçе вăхăтра та пахах тума тăрăшаççĕ. Колхозниксемпе механизаторсем туслăн ĕçленипе пула колхоз иртнĕ çул халичченхинчен çур миллион пăт ытларах тырпул туса илнĕ. Фермăри ĕнесенчен сĕт суса илесси çулталăк хушшинче 700 пин литр таран ӳснĕ.

Пĕлсе, пуçаруллă ертсе пыракан колхоз руководителĕн ĕçри ăнăçлăхне колхозниксем халĕ лайăх курса тăраççĕ. Кăçал вĕсем ĕçкунĕ тăрăх тĕштырăна пахча çимĕç иртнĕ çулхисенчен чылай ытларах илнĕ.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): колхоз председателĕ Социализмла Ĕç Геройĕ П. В. Яровский, колхоз председателĕн заместителĕ Н. Я. Грехно, агроном-плановик В. А. Юшков çураки планне сӳтсе яваççĕ.

Е. Шулепов фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### СТАРО-БЕШЕВО ЭЛЕКТРОСТАНЦИЙĔ

Донец тăрăхĕнчи çĕçенхирте, Старо-Бешево ялĕ çывăхĕнче, çĕнĕ теплоэлектростанци тума тытăннă. Вăл Донец бассейнĕнчи чи пысăк станци пулать. Ăна тума улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче палăртнă.

Строительство площадкинчен инçех мар вырăнта энергетика çĕнĕ поселокĕн малтанхи кварталĕсем ӳсеççĕ. Унта пурăнмалли икшер хутлă çуртсем, шкул, магазин, столовăй туса лартнă, водопровод хываççĕ.

КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче палăртса хунă аслă ĕçсен программипе хавхаланса, Старо-Бешево электростанцине тăвакансем ĕçсен срокĕсене кĕскетме, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн çĕнĕ стройкин пĕрремĕш чертне срокчен—1957 çулта ĕçе яма йышăннă.

(ТАСС).

### Агитаторсен семинарĕсем

ЧКАЛОВСКИ. (Хамăр корр.). Парти райкомĕ кашни колхозра агитаторсен семинарне ирттерчĕ. Агитаторсем улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне халăха ăнлантарса параççĕ. Колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче Директивăсен проектне сӳтсе яваççĕ.

КАНАШ. «Комсомол» колхозри пуçламăш парторганизаци агитаторсен канашлăвне ирттерчĕ. Агитаторсем ялти халăха улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне ăнлантарса пама тытăнчĕç.

* * *

Сывăх кунсенчех республикăри районсемпе хуласенче парти активĕн пухăвĕсем пулса иртмелле. Вĕсенче КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе яваççĕ.

Парти вĕренĕвĕн системинче съезд материалĕсемпе решенийĕсене КПСС XX-мĕш съезчĕ пулса иртнĕ хыççăн вĕренмелле пулать.

## „Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн" тĕнчери Сталинла премисем парас тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетра

### Вьетнамри обществăлла деятеле Тон Дык Тханга тĕнчери Сталинла премии пани

Январĕн 21-мĕшĕнче Кремльти Свердловски залра Вьетнамри паллă обществăлла деятеле Тон Дык Тханга «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» тĕнчери Сталинла премии панă.

Мире юратакан паттăр Вьетнам халăхĕн миршĕн тата нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн пыракан кĕрешӳре хăйĕн чăтăмлăхĕпе паттăрлăхне пĕтĕм тĕнчене кăтартса панă халăхăн мухтавлă ывăлне Тон Дык Тханга сывлăх сунса саламлама Мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн, Совет хĕрарăмĕсен фашизма хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе ĕçлекен Комитечĕн тата ытти обществăлла организацисен представителĕсем, совет наукипе культурин деятелĕсем, столицăри ĕççыннисен тата Мускав облаçĕнчи колхозниксен представителĕсем, совет журналисчĕсем пынă.

Преми панă чухне унта Демократиллĕ Вьетнам Республикин ССР Союзĕнчи вăхăтлăх поверенныйĕ **То Нуанг Дау** тата посольство сотрудникĕсем пулнă. Залра Вьетнам çамрăкĕсем—Мускаври аслă шкулсенче вĕренекен студентсем пулнă.

Тĕнчери Сталинла премии лауреачĕ, миршĕн пыракан кĕрешӳри паллă деятель, Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕ Тон Дык Тханг президиума пырса кĕрсен, ăна пурте ăшă кăмăлпа саламланă.

Комитет председателĕ **Д. В. Скобельцын** академик Тон Дык Тханга тĕнчери Сталинла премии лауреачĕн дипломĕпе ылтăн медальне панă. Тон Дык Тханга вăл пысăк награда илнĕ ятпа сывлăх сунса, Д. В. Скобельцын унăн ĕçĕсем çинчен, вăл миршĕн, Вьетнам халăхĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнмандăхĕшĕн паттăррăн кĕрешни çинчен, ют çĕршыв колонизаторĕсене хирĕç, ирĕклĕхшĕн пыракан аслă кĕрешĕве çур ĕмĕр ытла активлă хутшăнни çинчен каласа панă.

Унтан Мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн председателĕ **Н. С. Тихонов**, И. В. Сталин ячĕпе тăракан автозаводри цех начальникĕ **И. А. Баулов** инженер, Совет хĕрарăмĕсен фашизма хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе ĕçлекен Комитечĕн членĕ **Е. А. Васюкова** профессор, Социализмла Ĕç Геройĕ, Мускав облаçĕнчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ **И. А. Бунков**, Урăх çĕршывсемпе культурăлла çыхăнусем тытас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри общество правленийĕн председателĕ **А. И. Денисов** профессор тухса каланă. Вĕсем Тон Дык Тханга хĕрӳллĕн саламласа ырă сывлăх суннă.

Тĕнчери Сталинла премии лауреачĕ Тон Дык Тханг ответлесе каланă сăмаха пурте питĕ тимлĕ итлĕнĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Камчатка облаçне Хабаровск крайĕн составĕнчен кăларса РСФСР-ăн хăйне уйрăм облаçĕ туса хурасси çинчен РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ тăратнă сĕнĕве çирĕплетнĕ; облаçăн административнăй чиккисем халичченхи пекех пулаççĕ.

* * *

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Хабаровск крайĕнчи Анат Амур облаçне пĕтересси тата унăн районĕсемпе Амур çинчи Николаевск хули Хабаровск крайĕн организацийĕсене пăхăнса тămалла тăвасси çинчен РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕ тăратнă сĕнĕве çирĕплетнĕ.

## СССР Министрĕсен Советĕнче

1955 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕнче Совет Союзĕпе Финлянди Республики хушшинче Совет Союзĕ Порккала-Удд территорийĕпе тинĕс-çар бази вырăнне усă курмалли хăйĕн прависене пăрахăçлани тата çав территорирен совет хĕçпăшаллă вăйĕсене илсе тухасси çинчен Килĕшӳ тунăччĕ. Çав килĕшӳ тăрăх Порккала-Удд территорине тата унти пурлăха ку килĕшĕве çирĕплетни çинчен калакан ратификаци грамотисене улăштарса илнĕ хыççăн виçĕ уйăх хушшинче, урăхла каласан, 1956 çулхи январĕн 28-мĕшĕнчен кая юлмасăр памалла. Çакăнпа килĕшӳллĕн Совет влаçĕсем, маларах асăннă территорие Финляндие пама хатĕрленсе, кирлĕ ĕçсем туса ирттернĕ, совет хĕçпăшаллă вăйĕсен тĕп пайне Порккала-Удд территорийĕнчен илсе тухнă та ĕнтĕ.

Порккала-Удд территорине Финляндие пани çинчен Хельсинкире Юлашки Протокол çырса алă пусмалла. Çакна май СССР Министрĕсен Совечĕ Совет Союзĕн Правительство делегацине уйăрнă. Делегаци составĕнче—СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ М. Г. Первухин (делегаци пуçлăхĕ), СССР Верховнăй Совечĕн Союз Совечĕн Председателĕ А. П. Волков, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Пĕрремĕш Заместителĕ А. А. Громыко, Совет Союзĕн Маршалĕ А. М. Василевский тата ССР Союзĕн Финляндири Посолĕ В. З. Лебедев.

# Çĕнĕ пилĕк çуллăх план заданийĕсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатса пырар!

## Строительство ĕçĕпе проектсем тăвас ĕçĕн хакне йӳнетмелле

### Строительсен активĕн республикăри канашлăвĕнчен

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче государствăн капитальнăй ĕçĕсем валли пĕтĕмпе 990 миллиард тенкĕ, е пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 67 процент нумайрах хывма палăртнă.

Юлашки вăхăтра СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çĕршыври строительствăна малалла аталантарма, строительствăна монтаж ĕçĕсен хакне йӳнетме мерăсем йышăнчĕç. Республикăри строительсем, архитекторсем, проект тăвакансем партипе правительство решенийĕсемпе кăтартăвĕсене пурнăçа мĕнле кĕртеççĕ, кивĕ проектсемпе сметăсене пăхса тухса, йăнăшсемпе çитменлĕхсене мĕнле тӳрлетеççĕ, строительство хакне йӳнетес тĕлĕшпе мĕнле ĕçсем туса иртереççĕ—çак ыйтусене сӳтсе яврĕç, строительсен активĕ КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ пухнă республикăри канашлăвĕнче.

Çак ыйтупа Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Строительствăпа архитектура ĕçĕсен управленийĕн начальникĕ Н. Кожевников юлташ доклад туса пачĕ. Докладчик строительство хакне йӳнетни халăх хуçалăхĕшĕн питĕ кирлине палăртать. Республикăра проектсем тăвас, çуртсем лартас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Çакă вăл типовой проектсемпе сахал усă курнинчен, ĕçе комплексла механизацилеменнинчен, малта пыракан опыта анлăн сарманнинчен килнĕ. Малта пыракан стройкăсенче пурăнмалли çуртсен пĕр тăваткал метрĕ 1.200 тенке ларать пулсан, чылай организацисенче çав çуртсен хакĕ 40—50 процент ытларах пулать. Уйрăмах çуртсене срокра туса пĕтерменнине палăртас пулать. Мускавра, Ленинградра тăват-пилĕк хутлă çуртсене 2,5—3 уйăхра туса лартаççĕ пулсан, пирĕн республикăра ун пек çуртсене темиçе çул тăваççĕ. 1955 çулта «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕ, 123-мĕш трест тата ыттисем те сметăран иртерсе çĕршер пин тенкĕ расходланă.

Проектсем тăвас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Иртнĕ вăхăтра хăшпĕр архитекторсем çӳлĕ башньăсем, нумай балконсем тума, хаклă материалсемпе усă курма тăрăшнă. Строительствăпа архитектура ĕçĕсен управленийĕ тата строительство организацийĕсем пурăнмалли çуртсен тата культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсен проекчĕсене пăхса тухнă, ытлашши кирлĕ мар ĕçсене чакарса, йӳнĕрех материалсемпе, тимĕрбетонпа, блоксемпе усă курма сĕннĕ, çапла вара асăннă çуртсен хакне 1 миллион тенкĕлĕх ытла йӳнетме палăртнă.

Докладчик тата пренире тухса калакансем çакна палăртрĕç: республикăра строительство хакне йӳнетесси, проектсенчи ытлашши тăкаксене пĕтересси вăраххăн пулса пырать.

123-мĕш стройтрестăн главнăй инженерĕ М. Эльман юлташ каланă тăрăх, пурăнмалли çуртсен, культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсен проекчĕсене пăхса тухни материалсем, ĕç вăйĕ, электроэнерги 700 пин тенкĕлĕх перекетлеме май панă. Кунта хăшпĕр çуртсенче башньăсем, шпильсем, хаклă тăракан юманран алăксем тума палăртнă пулнă. Кăçал трест 12 пин кубометр тимĕрбетон туса кăларма, çапла вара строительствăра кашни пĕр миллион тенкĕлĕх ĕç пуçне 200 кубометр тимĕрбетон хывма палăртнă. Эльман юлташ республикăра малашне чулпа кирпĕч ытларах туса кăларма сĕнет.

М. Павлова юлташ («Чăвашстрой» тресчĕ) çакна палăртать: Шупашкарта 49 хваттерлĕ çурт лартаççĕ. Проект тăрăх (авторĕ Кожевников юлташ) 56 балкон тумалла. Ун чухлĕ балкон кирлĕ мар, строительсем сĕннипе халĕ ĕнтĕ 14 балконне тумаççĕ, хаклă материалсем вырăнне йӳнĕреххисемпе усă кураççĕ, çавна пула 75 пин тенкĕ укçа перекетленет. Кăçал трест блоксем ытларах туса кăларать, ĕçе комплексла механизацилет.

А. Михайлов юлташ (Культура министерстви), Н. Ятманов архитектор (Чăвашпроект кантурĕ) тата ыттисем те строительство хакне йӳнетесси çуртсем лартма участоксем тĕрĕс суйласа илнинчен те нумай килнине палăртрĕç. Хăшпĕр хула Совет исполкомĕсем тата архитекторсем, хуласене илемлетес тесе, кивĕ çуртсене тепĕр вырăна куçарттарса, вĕсем вырăнне çĕннисене лартарса, пысăк тăкаксем тутараççĕ. Сăмахран, пир-авăр комбиначĕ кивĕ çуртсене куçарса лартма 1,6 миллион тенкĕ расходланă.

Проектсем тăвас, кивĕ çуртсене çĕнетсе илемлетес ĕçри формализма пĕтермелле. Хăшпĕр работниксем çуртсене тул енчен çеç илемлетме пăхаççĕ. Вĕсене ĕççынни-сен ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтересси пачах интереслентермест. Сăмахран, Шупашкарти «Родина» кинотеатр çуртне икĕ енчен çĕнетсе илемлетме нумай укçа-тенкĕ расходланă, анчах вентиляцие вăйлатма «маннă».

Строительствăра перекетлĕх тăвасси материалсен хакĕнчен нумай килет, мĕншĕн тесен пĕтĕм строительство ĕçĕсен хакĕнче материалсем 65—70 процент йышăнаççĕ. Механизациленĕ карьерсем уçман, çавăнпа хăйăрпа чул кăларса турттарса килесси хакла ларать. Сăмахран, пирĕн республикăра хăйăрăн пĕр кубометрĕ Мускаврингчен 15 тенкĕ хаклăрах. Иртнĕ çулсенче Шупашкарти стройкăсем хăйăр хĕлле чылай турттарса хуратчĕç. Кăçал çак ĕçе йĕркелемен.

Канашлура çавăн пекех М. Васильев («Водстрой» кантурĕ), А. Юдиевич, М. Степанов, Л. Поляков (123-мĕш стройтрест), Г. Петухов (тракторсем валли запаслă пайсем тăвакан завод), Ф. Сергеев (Строительствăпа архитектура ĕçĕсен управленийĕ), Н. Енчиков (Шупашкар хула Совечĕн исполкомĕ), А. Кошечкин (Сывлăх министерстви), Н. Сергеев (пир-авăр комбиначĕ), И. Заварцев (Улатăрти строительствăпа монтаж управленийĕ), А. Андреев (Гипросельэлектропроектăн Саратоври уйрăмĕн Шупашкарти филиалĕ), Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ Д. Полуяров, КПСС обкомĕн секретарĕ Н. Никитин юлташсем тухса каларĕç.

## Ялхуçалăх продукчĕсем ытларах туса илер

ВĂРНАР. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне районти ĕççыннисем, мĕнпур совет халăхĕ пекех, пĕтĕм чун-чĕререн ырласа, патриотла пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илчĕç.

Хрущев ячĕпе тăракан колхоз—пысăк тата нумай отрасльлĕ хуçалăх. Колхозăн ял ĕçченĕсем обществăлла хуçалăха малалла аталантарас, çĕрĕç культурине хăпартас тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес енĕпе çултан çул çĕнĕ ӳсĕмсем тăваççĕ. 1955 çулта артелĕн укçа-тенкĕ тупăшĕ 1.070.800 тенке çитрĕ.

— Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ пире, колхозниксене, чунтан савăнтарать,—терĕ колхоз бухгалтерĕ И. Николаев юлташ.—Пирĕн юратнă Тăван çĕршыв вăйланнине, совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕн тата культурăлла шайĕ ӳсе пынине эпир хамăр куçпа куратпăр. Ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланнăçемĕн лайăхланса пытăр тесен пирĕн те, колхозниксен, улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлес пулать. Пирĕн ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине татăклăнах ӳстермелле. Эпир кăçал кашни 100 гектар çĕр пуçне 130 центнер сĕт тата 30 центнер аш, сухалакан кашни 100 гектар пуçне 23 центнертан кая мар сысна ашĕ туса илме, кашни сăвакан ĕнерен 2.100 килограмм сĕт суса илме пултăмăр. Пирĕн колхоз сĕт суса илес, аш тата сысна ашĕ хатĕрлес енĕпе 1956 çулта КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти тата январьти Пленумĕсем кăтартса панă шайран иртсе каять. Колхоз ĕçченĕсем, КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе паракан социализмла ăмăртăва хутшăнса, кăçал кашни гектартан 16-шар центнер тĕштырă, 190-шар центнер çĕр-улми, 5-шер центнер йĕтĕнпе кантăр сӳсĕ туса илессишĕн кĕрешӳ пуçласа ячĕç. Эпир çитес çураки валли вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлерĕмĕр, ăна сортласа хутăмăр, халĕ уя тислĕк кăларатпăр тата минераллă удобренисем кӳретпĕр.

Колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем те тăрăшса ĕçлеççĕ. Çĕнĕ ялхуçалăх çулĕн малтанхи виçĕ уйăхĕнче сăвакан кашни ĕнерен вăтам шутпа 411-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Январь уйăхĕнче 20 кун хушшинче кашни ĕнерен 115-шер килограмм сĕт суса илнĕ.

Çак кунсенче Чапаев ячĕпе тăракан колхозра та политикăлла тата производствăлла пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ. Колхозри тырпул ăстисем çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене вĕçлесе пыраççĕ, уя органикăлла тата минераллă удобренисем кăлараççĕ.

Колхозри малта пыракан уй-хир бригадин бригадирĕ Антонина Козлова юлташ, КПСС ХХ-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕпе паллашнă хыççăн, çапла каларĕ:

— Коммунистсен партийĕ пирĕн умма пысăк задача кăларса тăратрĕ: çĕрĕçне тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе татăклăн вăйлатмалла, 1960 çулта тĕштырă туса илессине пĕтĕмпе 180 миллион тоннăна (11 миллиард пăта) çитермелле. Çак задачăна ăнăçлă пурнăçлама эпир хамăрăн пултарулăхпа мĕнпур вăя хурса ĕçлĕпĕр. Иртнĕ çулта эпир кашни гектартан 13,6-шер центнер тĕштырă туса илтĕмĕр. Кăçал иртнĕ çулхинчен вăйлăрах тырпул туса илессишĕн тăрăшăпăр. Кукуруза акса ӳстерес тĕлĕшпе уйрăмах тимлĕ ĕçлĕпĕр. Кăçал пирĕн колхоз кукуруза 160 гектар акать, çав шутран пирĕн бригада—40 гектар акмалла. Вăйлă тырпул туса илес тесе эпир уй-хире удобренисем нумай кăларатпăр. Пирĕн бригада уя 1.200 лав тислĕк кăларчĕ, 80 центнер кайăк кĕшĕк тислĕкĕ пухрĕ.

Предприятисемпе колхозсенчи пуçламăш парторганизацисенче пулса иртекен пухусенче коммунистсем Директивăсен проектне ырлаççĕ тата чылай çĕнĕ сĕнӳсем параççĕ. Жданов ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци пухăвĕнче промышленность лашапа ĕçлемелли плугсемпе сеялкăсем ытларах туса кăларни кирлĕ, тесе каларĕç. Çав плугсемпе сеялкăсем тракторпа ĕçлеме май çук участоксенче ĕçлеме кирлĕ. Коммунистсем çавăн пекех колхозсене строительство материалĕсем хатĕрленĕ çĕрте усă курма пилорамăсем туса кăларассине ӳстерме сĕнчĕç.

Машина-трактор станцийĕнче те çак кунсенче пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ. Механизаторсемпе юсав ĕçĕнчи рабочисем, КПСС ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи ĕç вахтине тăрса, ĕç хăвăртлăхне чылай ӳстерчĕç. МТС хăйĕн вăйĕпе колхозсене минераллă удобренисемпе стройматериалсем турттарса парас ĕçе вăйлатрĕ.

Е. ЕФРЕМОВ.

## Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн

ЙĔПРЕÇ. Районти колхоз ĕçченĕсемпе механизаторсем тата предприятисен коллективĕсем ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илчĕç.

Çак кунсенче колхозсемпе машина-трактор станцийĕнче тата предприятисенче митингсемпе пухусем пулса иртеççĕ. «Путиловка» колхоз членĕсем Директивăсен проектĕнче улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне вăйлăн малалла аталантарма палăртнине чун-чĕререн ырларĕç, ăна хăйсен кулленхи ĕç программи вырăнне хурса йышăнчĕç. Кăçал вĕсем кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă, 25-шер центнер кукуруза тĕшши, 350-шар центнер силос хывмалли кукуруза пухса илме пулчĕç. Колхозниксем халĕ уй хире куллен 50—60 лавпа тислĕк турттараççĕ, минераллă удобренисем кӳреççĕ, вăрлăхсене иккĕмĕш хут сортлаççĕ.

— Партипе правительство уй-хир ĕçĕсене тума пире хăватлă техника парать, çĕрĕç культурине çултан-çул лайăхлатса пыма пулăшать,—терĕ пухура пĕрремĕш бригадăри В. Ильин колхозник.—Вырăнти удобренисемпе анлăн усă курни пире пысăк тухăçлă тырпул çитĕнтерме пулăшать. Пирĕн бригада членĕсем кăçал кашни гектар çине 35 тонна тислĕк кăларма обязательство йышăнчĕç. Эпир кашни кунах 20 лавпа уя тислĕк турттаратпăр.

Механизаторсем те пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Вĕсем, КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе явнă май, тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсамалли плана партин ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне пурнăçлама пулчĕç.

— Пирĕн бригада,—терĕ 6-мĕш трактор бригадин бригадирĕ В. Алексеев юлташ,—партин ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи ĕç вахтине тăрса, тракторсене тата ытти ялхуçалăх машинисене январĕн 17-мĕшĕ тĕлне юсаса пĕтерчĕ. Комиссия пирĕн ĕçе лайăх тесе йышăнчĕ. Халĕ бригадăри механизаторсем Ленин ячĕпе тăракан колхоза строительство материалĕсем тата минераллă удобренисем турттарса параççĕ.

П. Максимов тата Ф. Семёнов юлташсем ертсе пыракан 10-мĕшпе 12-мĕш трактор бригадисем те юсав ĕçĕсене срокчен вĕçлерĕç.

Вăрманпромхозри вунпилĕк агитаторсем вăрман делянкисенче ĕçлекен рабочисем патĕнче пулса, КПСС Центральнăй Комитечĕ хатĕрленĕ Директивăсен проекчĕ çинчен каласусем иртереççĕ. Шоферсем, крановщиксем, мотористсем тата инженерсемпе техниксем КПСС Центральнăй Комитечĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра вăрман промышленноçĕ умне лартакан задачăсене пурнăçламалли майсем çинчен калаççĕ.

Вăрманпромхоз коллективĕ кăçалхи икĕ уйăх планне партин ХХ-мĕш съезчĕ тĕлне тултарма, планран иртерсе Тăван çĕршыва 7 пин фестметр йывăç хатĕрлесе пама пулчĕ. Уйрăм механизаторсем кулленхи ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. В. Пархоменко, Ф. Кутузов, Н. Бондаренко, А. Тургенев тата С. Верещагин шоферсем январь уйăхĕнче йывăç турттармалли плана срокчен пурнăçларĕç.

В. КУЗНЕЦОВ.
Н. ПАВЛОВ.

## ПĔР ШУХĂШ-КĂМĂЛПА

Чкаловски районĕнчи предприятисемпе колхозсенче КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе явас ыйтупа ĕççыннисен нумай çынлă пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Çав пухусенче ĕççыннисем Директивăсен проектне пĕр кăмăллă пулса ырлаççĕ тата КПСС ХХ-мĕш съездне ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илме пулаççĕ.

Район центрĕнчи «Путь Ленина» колхоз членĕсен пухăвĕнче, улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ çинчен парторганизаци секретарĕ А. Минин юлташ каласа панă хыççăн, утмăл çулхи Е. Каримов юлташ сăмах илчĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра,—терĕ вăл, тырпул туса илессине нумай ӳстерме палăртнă. 1960 çулта пĕтĕмпе 11 миллиард пăтран кая мар тĕштырă туса илмелле. Çак задачăна чыслăн пурнăçлас тесе эпир вăя шеллемесĕр ĕçлеме пулатпăр.

«Путь Ленина» колхоз членĕсем, КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, кăçал кашни гектартан 15 центнертан кая мар тĕштырă туса илме сăмах панă. КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пухура сӳтсе явнă хыççăн вĕсен ĕçри хастарлăхĕ кунтан-кунах ӳсе пыма тытăнчĕ. Вĕсем съезд уçăлнă кун тĕлне çуракине пур енĕпе те хатĕрленсе çитме тăрăшаççĕ. Çак кунсенче ялти ĕçченсем хире тислĕк кăларнă тата юр тытнă, ялхуçалăх машинисем юсанă çĕрте ăмăртса ĕçлеççĕ. Ферма работникĕсем хушшинче те съезд ячĕпе ăмăрту вăйланса пырать. Январĕн иккĕмĕш вунăкунлăхĕнче, малтанхи вунăкунлăхрипе танлаштарсан, кашни ĕнерен сĕт суса илесси ӳснĕ.

Мичурин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем те çак кунсенче пысăк ĕçсем тăваççĕ. Çуртри акмалли вырăна 355 тонна тислĕк кăларнă, кĕл тата кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ нумай пухнă, 550 гектар çинче юр тытнă, 767 центнер вăрлăх тасатса хунă.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе явас шутпа Сталин ячĕпе, Молотов ячĕпе, «Дружба», «Красное знамя» тата ытти колхозсенче те нумай çынлă пухусем пулчĕç.

Т. ИВАНОВ.

Ӳкерчĕк çинче: Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан заводăн чугунпа хурçă шăратакан цехăн корпусне тунă çĕрте ĕçлекен А. Б. Мальков ертсе пыракан каменщиксен бригади малта пырать.
А. Б. Мальков бригадир хăйĕн бригадинчи каменщиксене ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне вуласа парать.
Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

## Хуçалăхри резервсемпе туллин усă курмалла

Çĕрпӳ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем иртнĕ ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçленĕ. Кашни ĕçкунĕ пуçне икĕ килограма яхăн тырă, çителĕклĕ таран выльăх апачĕ тата тенкĕ çурă укçа илнĕ. Кашни килтех радио калаçать, хаçат-журнал çырăнса илменни пĕр çемье те çук. Хальхи кунсенче кашни килте, фермăсенче, правленире, вулав çуртĕнче хаваслă калаçу пырать,—колхозниксем çĕнĕ пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе яваççĕ.

Каçхине, тĕттĕм пулсан, ĕçрен пушаннă колхозниксем правление йышлăн пухăнчĕç. «ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсем» çинчен калаçу иртерме колхозниксем патне парти райкомĕн секретарĕ килнĕ.

Райком секретарĕ Федоров юлташ совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхра тунă çитĕнӳсем çинчен тата çĕнĕ пилĕкçуллăхра ССР Союзĕнче промышленноçпа транспорта, ялхуçалăхне малалла аталантарас, совет халăхĕн пурнăçĕпе культурине лайăхлатас тĕлĕшпе тума палăртнă аслă задачăсем çинчен каласа кăтартрĕ.

— Директивăсен проектĕнче, — тет вăл,—ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем çаксем пулнине кăтартса панă: йывăр промышленноçпа техникăна пĕрмаях аталантарса пынă тата ĕç тухăçлăхне ӳстернĕ никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăвăртăн малалла аталантармалла, ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатмалла, çавна май совет халăхĕн материальнăй пурнăçне лайăхлатмалла тата культурине ӳстермелле. 1956—1960 çулсенче промышленность ялхуçалăхне 1.650 пин трактор (15 лаша вăйли çине куçарса шутласан), вăл шутра 680 пин пропашной трактор, тĕштырăсем вырмалли 560 пин комбайн, кукурузăна силослăх культурăсем пухса кĕртмелли 250 пин комбайн, нумай миллиард тенкĕлĕх ытти машинăсемпе ĕç хатĕрĕсем памалла.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршывра электроэнерги туса кăларассине нихçанхинчен нумай ӳстерме палăртни уйрăмах хытă савăнтарать. Атăл çинче Шупашкар патĕнче хăватлă гидроэлектростанци тума тытăнмалла!

Райком секретарĕ Директивăсен проектĕнче ССР Союзĕнче ялхуçалăхне малалла аталантарас, çĕрĕç культурине хăпартас тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе çĕнĕ пилĕкçуллăхра пысăк задачăсем палăртни çинчен тĕплĕн каласа парать. 1960 çулта çĕршывра 11 миллиард пăтран кая мар тĕштырă туса илмелле. Директивăсен проектĕнче колхозсенче ĕç тухăçлăхне ӳстерни питех те кирлĕ задача пулнине палăртнă. Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектар пуçне ялхуçалăх продукчĕсем нумайрах туса илмелле, ĕç тухăçлăхне вăтамран икĕ хут ӳстермелле.

Федоров юлташ Сталин ячĕпе тăракан колхоз ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ӳстерес енĕпе юлашки çулсенче чылай ӳсĕм тунине палăртрĕ. Уйрăмах ĕнесенчен сĕт суса илессине ӳстерес тĕлĕшпе ку колхоз ыттисене лайăх тĕслĕх кăтартать. Иртнĕ хуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 2.400 килограмм ытларах сĕт суса илнĕ, кăçал 3.000 килограма çитерме йышăннă. Анчах колхозра ĕçе кĕртмен резервсем те нумай-ха. Тĕштырă, кукурузăпа çĕрулми, аш-какай, çăм, çăмарта туса илес енĕпе ку колхоз малта пыракан артельсенчен юлса пырать. Колхоз ĕçченĕсен задачи вăл—хуçалăхри мĕнпур резервсене хăвăртрах ĕçе кĕртсе, колхоз производствине çитес çывăх çулсенчех татăклăн çĕклесси.

Чылайччен пычĕ каласу. КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ проекта колхозниксем пĕр çын пек пулса ырларĕç, çĕнĕ пилĕкçуллăхра тăракан аслă задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн хăйсен вăйĕсене хĕрхенмесĕр кĕрешме пулчĕç.

Акă мĕн каларĕç вĕсем.

Орлов (колхоз председателĕ). Пирĕн колхозниксем КПСС ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура йышăннă обязательствăсене пурнăçлама çине тăрса кĕрешеççĕ. Доярккăсем иртнĕ çулти октябрĕн 1-мĕшĕнчен тытăнса кăçалхи январĕн 15-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен вăтам шутпа 713 литр сĕт суса илчĕç, ХХ-мĕш съезд уçăлнă кун тĕлне 1.000 литра çитереççĕ. Свинаркăсем кашни сысна ами пуçне виçĕ уйăхра 156 килограмм сысна ашĕ илнĕ, халĕ тата 70 пуç сысна самăртаççĕ. Уй-хир бригадисем те съезд умĕнхи ăмăртăва активлăн хутшăнчĕç, 1956 çулта гектартан 15 центнертан кая мар тырă туса илме пулчĕç. Суракинче акмалли вăрлăхсене сортласа юрăхлă кондицие çитернĕ, халĕ пур бригадăсем те удобренисем турттараççĕ. Кăçал эпир 400 тонна минераллă удобренисем туянтăмăр, унăн пĕр пайне кӳрсе килнĕ ĕнтĕ. Тĕштырă хуçалăхĕнче тата выльăх апачĕн никĕсĕнче кукуруза тĕп вырăн йышăнтăр тесе, ăна кăçал 150 гектар акатпăр.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче колхоз производствине организацилес ĕçе лайăхлатма кирли çинчен питĕ те тĕрĕс каланă. Хуçалăха ертсе пырас ĕçре пирĕн те пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Колхозра ĕç дисциплини çителĕклĕ шайра тăраймасть, ĕç вăйĕпе туллин усă кураймастпăр, çавăн пирки хăшпĕр ĕçсем пурнăça кĕмесĕр юлаççĕ. Сăмахран, 1955 çулта сӳс-кантăртан 300 пин тенкĕ тупăш илме планланăччĕ. Анчах, сӳсне вăхăтра хатĕрлесе завода ăсатман пирки, ку тупăш 200 пин тенке çеç çитрĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ Директивăсен проектĕнче эпир Коммунистсен партийĕ совет халăхĕн ырми-канми кĕрешнине куратпăр. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн колхоз та нихçанхинчен вăйлăн аталаннă хуçалăх пулса тăрĕ.

Яковлев (аслă конюх). Директивăсен проектĕнче тĕштырăсен тухăçне икĕ хута яхăн ӳстермелли çинчен каланă. Ман шутпа, пирĕн колхозра тĕштырăсен тухăçне икĕ хут ытла ӳстерме, çулсеренех кашни гектартан 20 центнертан кая мар тĕштырă туса илме пулать. Пирĕн уй-хир бригадисем уйрăм çулсенче унран та нумайрах пухса кĕртрĕç. Халĕ мĕншĕн чакрĕ-ха?

Эпĕ çакна каласшăн: Орлов юлташ, селекци станцинчен колхоза таврăнсан, хăйне колхоз председателĕ пулма суйланă хыççăн çĕрĕç культурине хăпартма питĕ нумай тăрăшрĕ. Халĕ вара вăл ун чухнехи пекех тăрăшни курăнсах каймасть. Сăмахран, иртнĕ çулта уй-хир бригадисем висĕмçулхинчен икĕ пин тонна сахалрах тислĕк кăларнă. Кăçал çак йăнăша тӳрлетмелле, фермăсенчи тислĕке пĕтĕмпех уй-хире кăлармалла, колхозниксен харпăр хăй килĕсенчи тислĕке те колхоз уй-хирне анлăн кăлармалла. Тĕштырă, кукуруза, çĕрулмипе тымарçимĕçсен, ытти культурăсен тухăçне ӳстерсен, выльăх-чĕрлĕх йышне тата тухăçлăхне ӳстерессе йывăрах пулмĕ.

Тихонова (бригадир). Директивăсен проектĕнче çапла каланă: колхозсенче ялхуçалăх производствин отраслĕсене аталантарас тата колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетес ĕçре машина-трактор станцийĕсен рольне ӳстермелле. Анчах пирĕн Çĕрпӳ МТС-ĕ хăйĕн çав рольне начар пурнăçласа пырать. Мана уйрăмах хамăр колхозра ĕçленĕ Степанов ертсе пыракан трактор бригади уй-хир ĕçĕсене начар туни хытă пăшăрхантарать. Çĕртме пуссине янăх сухаланă пиркиех ыраш тухăçĕ питĕ сахал пулчĕ. Иртнĕ кĕркунне те кĕрхи тырăсене лайăх кăпкалатнă тăпра çине тата лайăх срокра акса хăвараймарăмăр. Эпĕ райкомпа райисполкомран МТС ĕçне тĕпренех лайăхлатма, ăна механизаторсен кадрĕсемпе тĕреклетме ыйтатăп.

Васильева (свинарка). Эпир, сысна ферминче ĕçлекенсем, КПСС ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнтăмăр, хамăр йышăннă обязательствăсене пурнăçлама тимлĕн тăрăшатпăр. Çĕнĕ хуçалăх çулĕн пирвайхи виçĕ уйăхĕнче эпир 98 сысна самăртрăмăр, халĕ тата 70 пуç самăртатпăр.

Кăçал пирĕн колхозра сухалакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 25 центнертан кая мар сысна ашĕ илмелле. Эпир ăна пурнăçлатпăрах. Пирĕн фермăра та çитменлĕхсем пур-ха, уйрăмах обезличка пысăк чăрмав кӳрет. Ферма заведующийĕ Арсентьева юлташ пирĕн ĕçе тĕрĕс организацилеме, кашнин ĕçне тĕрĕс шута илме тăрăшсах каймасть.

Директивăсен проектĕнче çĕршывра аш-какай туса илессине пуринчен малтан сысна ĕрчетнипе ӳстерме кăтартса панă. Правленин сысна ферминчи ĕçсене лайăхлатасси çине ытларах пăхмалла.

Гаврилов (бухгалтер). Пирĕн колхозра ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ-ха. Сăмахран, фермăри сыснасене пăхса, тăрантарса усрама иртнĕ çулта 4.500 ĕçкунĕ расходланă, анчах 80 центнер çеç сысна ашĕ туса илнĕ. Вăтамран шутласан, пĕр килограмм сысна ашĕ туса илме 0,55 ĕçкунĕ кайнă. Кун пек чухне продукцин хăйне ларакан хакĕ пысăк пулни каламасăрах паллă.

Пирĕн кашни продукцие туса илме мĕн чухлĕ вăй кайнине тĕплĕн пĕлсе тăмалла, унăн хăйне ларакан хакне йӳнетмелли резервсемпе майсене тупма, техникăпа ытларах усă курма тăрăшмалла.

* * *

Коммунистсен партийĕ мĕнпур рабочисене, колхозниксене, совет интеллигенцине ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăхăн заданийĕсене тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне сарса яма чĕнет. Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çак ăмăртăва куллен-кун вăйлатса пырĕç, ялхуçалăх производствине аталантарас тĕлĕшпе тăракан задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешме вăйĕсене хĕрхенсе тăмĕç.

Калаçăва «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн корреспонденчĕ И. ВОЛКОВ çырса илнĕ.

# Культура фондĕнчи укçапа тĕрĕс усă курмалла

Ялти культурăна малалла аталантарас ĕçре колхозсен, промысла артелĕсен тата ялпосен культура фончĕсемпе тĕрĕс усă курни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Вĕсен культура фончĕсенчи укçа культура учрежденийĕсем валли çĕнĕ суртсем тума, киввисене юсама, тĕрлĕрен инвентарь туянма каять.

Колхозниксем кашни çул отчетпа суйлав пухăвĕсенче ялхуçалăх артель правленийĕсене культурăлла кану условийĕсем туса пама хушса хăвараççĕ. Çак тĕллевпе колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ, ялхуçалăх артелĕ Уставĕн 12-мĕш статьи тăрăх, культура ĕçĕ ытăвĕсене тивĕçтерме укçа-тенкĕ уйăрса парать.

1954 çулта Ишлей районĕнчи колхозсем культура фондне 237.217 тенкĕ, 1955 çулта 260.529 тенкĕ укçа уйăрса хăварнă. Чылай колхозсенче, сăмахран, «Знамя труда», «Сталинская гвардия», «Большевик», «За коммунизм», Ленин ячĕпе, Сталин ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан тата ытти хăшпĕр колхозсен культура фондĕнчи укçа 10 пин тенкĕрен пуçласа 30 пин тенкĕ таран шутланать.

Анчах та çак укçана мĕнле расходлаççĕ-ха? Чылай колхозсенче çак фонд е нумай çулсем хушши усăсăр выртать, е унпа тĕрĕс усă курмаççĕ. 1954 çулта уйăрса хăварнă 237.217 тенкĕ укçаран районти колхозсем 120.011 тенкĕ кăна расходланă, ку вăл мĕн пурĕ те 51 процент кăна пулать.

«20 лет Чувашии», «Броневик», «Знамя» колхозсенче çак фонда пĕтĕмпе 6.563 тенкĕ уйăрса хăварнă пулсан, çав шутран пĕр тенкĕ те расходламан.

1954 çулта культура фончĕпе çичĕ колхоз 5 процентран 20 процент таран, вунниккĕ колхоз 50—80 процент таран, ултă колхоз вара 80—100 процент таран усă курнă. 1955 çулта культура фондĕнчи 260.529 тенкĕ укçаран районти 29 колхоз вуниĕр уйăх хушшинче 89.819 тенкĕ кăна расходланă.

Çак укçа-тенкĕпе мĕнле ĕçсем тунă-ха? Кадрсене вĕрентсе хатĕрлес ĕçе 20.431 тенкĕ, хаçат-журнал çырăнма — 18.375 тенкĕ, малта пыракан колхозниксене премилеме—16.522 тенкĕ, ялхуçалăх фильмĕсем курнăшăн—6.987 тенкĕ, радиоточкăсемшĕн тӳлеме—5.023 тенкĕ, Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкисене кайса килме—4.257 тенкĕ, клубсем валли çĕнĕ кĕнекесем тата тĕрлĕ инвентарь туянма, 3.316 тенкĕ расходланă. Культура фончĕн ытти укçа-тенки вара «тĕрлĕрен расходсем» валли кайнă.

«Тĕрлĕрен расходсем» валли тесе часчасах колхозсенче культура фончĕпе тĕрĕс мар усă кураççĕ. Чылай колхозсенче культура фондĕнчи укçапа ĕçлейми пулнă сынсене пулăшу пама тата ытти ĕçсене тума расходлаççĕ. Çакă хăшпĕр колхозсен руководителĕсем ялхуçалăх артелĕн Уставне ăнланса илейменнинчен килет. Ялхуçалăх артелĕ Уставĕн 11-мĕш статьинче колхозсем пĕрлехи пуху йышăннипе артель ĕçĕнче тупăшран инвалидсене, ватă сынсене, вăхăтлăха ĕçлейми пулнисене, вăрçăра вилнĕ сынсен çемйисене пулăшма, ача яслисене тытса тăма пулăшу фончĕ валли икĕ процент таран уйăрса хăвармалли çинчен каланă. Çакна ăнланмаллах ĕнтĕ, анчах чылай колхозсенче пулăшу фончĕ вырăнне культура фончĕпе усă кураççĕ.

Акă, сăмахран, «Мичуринец» колхозра ку таранччен çитичченклуб та, библиотека та, радио та çук. Ку колхоз малта пырать теме те юрать. Культура фончĕпе тĕрĕс усă курнă пулсан, кунта тахçанах клуб лартма май пулнă. 1954 çулта культура фондне уйăрса хăварнă 15.666 тенкĕрен 2.382 тенкĕ кăна расходланă, ку укçапа та вырăнлă усă курман. 1955 çулта та çавнашкалах пулнă. «Урожай», «Коминтерн», «Восток», «Дружба», Жданов ячĕпе тăракан колхозсенче клубсем пур. Анчах та вĕсен ĕçне кирлĕ пек йĕркелемен, культработниксем уйăрса хуман, хĕллехи вăхăтра ăшăтса хутмаççĕ, çапла вара клубсем пуш-пушах лараççĕ.

Колхозсене пĕрлештерсе пысăклатиччен кашни колхозрах правлени çурчĕсем пулнă. Колхозсене пĕрлештернĕ хыççăн çак çуртсем пушаннă. Халĕ кунта хĕрлĕ кĕтессем, колхоз библиотекисем тума, кинофильмсем кăтартма, культурăлла-массăлла ĕçе туса пыма пулать. Анчах та чылай колхозсенче çак çуртсемпе усă курмаççĕ, вĕсем юхăнса лараççĕ. «Знамя труда», «Сталинская гвардия», «Победа», Ленин ячĕпе, Молотов ячĕпе, Буденный ячĕпе тата Энгельс ячĕпе тăракан колхозсенче ĕлĕк канцеляри пулнă çуртсемпе е пачах усă курмаççĕ, е тĕрлĕрен складсемпе хранилищесем туса хунă, сурпуписхи вăхăтра чăх-чĕп усраççĕ.

Çавăн пекех тата промысла артелĕсемпе ялпосен культура фончĕсем те ялти ĕçсыннисен культура ыйтăвĕсене тивĕçтермелли тĕп çăлкуç пулса тăраççĕ. Районти потребкооперацисем культура фончĕсем валли уйăрса хăварнă укçа 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 29 пин тенке çитнĕ. Промысла артелĕсем те культура фончĕсене сахал мар укçа уйăрса хураççĕ. Çакна калани те çителĕклĕ: Чăканарти промысла артелĕн культура фончĕ валли уйăрса хунă укçа 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 14.500 тенкĕ пухăннă. Çавăн пек промысла артелĕсем пирĕн районта 7. Вĕсен культура фондĕнчи укçапа тĕрĕс усă курсан нумай ĕçсем тума пулать.

Районти культура пайĕнче ĕçлекенсенчен пихăпĕ те ялсенче культура фондĕнчи укçапа мĕнле усă курнине пĕлмеççĕ. Колхозсем, промысла артелĕсем тата ялпосем культура фончĕсемпе хăйсем мĕнле пĕлнĕ, çапла усă кураççĕ. Культура пайĕн работникĕсем вара çак ĕçе хутшăнма лайăх мар, тесе шутлаççĕ.

МТС директорĕсенче районти колхозсем культура фондне мĕн чухлĕ укçа уйăрса хăварни çинчен каласа параççĕ. Çиелтен пăхсан пурте йĕркеллех пек. Анчах та чылай колхозсенче ку укçапа мĕншĕн тĕрĕс усă курмаççĕ, колхозниксемпе ялхуçалăх механизаторĕсен культурăлла ыйтăвĕсене мĕншĕн тивĕçтерсе пыраймаççĕ? Çак чи кирлĕ ыйтупа районти культура пайĕ пачах интересленмест, райсовет исполкомĕ вара ку ыйтăва хаклаламасть. Ĕçсыннин депутачĕсен район Совечĕн исполкомĕн çак ыйтупа интересленмеллех ĕнтĕ.

Сăмахран, колхозсене радиофикацилес ыйтăвах илер-ха. Ишек сыхăвĕнче пурĕ 9 колхоз, вĕсенчен пĕр колхозне те электричество тата радио кĕртмен. Кунтах висĕ промысла артелĕ тата пĕр ялпо пур. Çак колхозсен, промысла артелĕсен тата ялпон 1955 çулта культура фончĕсенче 80 пин тенке яхăн укçа пулнă. 35 пин тенкĕпе мĕнпур колхозсене, промысла артелĕсене радиофикацилеме май пулнă. Çапах та Ишек сыхăвĕнчи ялсене радиофикацилес ыйтăва халĕ те татса паман. Çак ыйтăва татса пама вăхăт çитнĕ ĕнтĕ.

Культура фончĕсемпе тĕрĕс усă курас ĕçе йĕркелеме колхозсене районти организацисемпе учрежденисем, пуринчен ытларах вырăнти Советсен пулăшмалла.

С. САМСОНОВ.

*Районти хаçатсене пăхса тухни*

# Ăмăртура чи кирли—малта пыракансен опытне сарасси

Сĕршывра Коммунистсен партийĕн ХХ-мĕш съездне пысăк çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Ĕçре малта пыракансен опытне ăнлăн сарасси, ĕçсыннн массисене çав опытпа анлă усă курма пулăшасси—районсенче тухса тăракан хаçатсен чи пысăк тивĕçĕ.

КПСС Элĕк райкомĕпе район Совечĕн органĕ—«Колхозник хаçачĕ» социализмла ăмăрту ыйтăвĕсемпе интересленмест теме çук. Хаçат вăхăтран вăхăта колхозсенче социализмла ăмăрту сарма чĕнсе умстатьясем пичетлет, малта пыракансем çинчен аса илтерет тата вĕсен опытне ĕçе кĕртсе пыма кирли çинчен çырать, хуçалăхла тĕрлĕ кампанисем вăхăтĕнче сводкăсем пичетлет.

Анчах, хаçатра пичетленнĕ материалсене тишкерсе тухнă хыççăн, çакă курăнать: редакци социализмла ăмăртăва тĕплĕн шутласа тунă планпа мар, тĕллевсĕр-палăрсăр çутатать.

Ăмăрту мĕнле пыни тата малта паракансен опычĕ çинчен хаçат çиелтен кăна çырать, новаторсен ĕç меслечĕсене уçса кăтартма тăрăшмасть, производствăри çитменлĕхсем мĕнрен килнине тарăн анализ туса памасть. Сăмахран, иртнĕ çулта çĕнĕ çул ячĕпе тухнă номерте хаçат район Совет исполкомĕн председателĕн В. Ярдухин юлташăн «Çĕнĕ çулти çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн» статьине пичетленĕ. Умстатья вырăнне янă çак пĕчĕк мар материалта районти ĕçсыннисен çĕнĕ çулта мĕншĕн кĕрешмелли палăрă мар. Унта тырпулпа обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе ял ĕçченĕсем умĕнче мĕнле задачăсем тăнине асăнман та.

Ытти умстатьясенче те çакăн пек çитменлĕхсем чылай. Хаçат лайăх ĕçлекен колхозсемпе фермăсен ячне асăнать, начар ĕçлекенсене вăрçса илет те пĕтĕмĕшле сăмахсемпе пайăхрах ĕçлеме чĕнет—вара умстатья пулса та тăрать. Кун пек çырма, паллах, çăмăл ĕнтĕ. Анчах çитĕнӳсем тăвакансен опытне тĕрĕс хак памасăр, вĕсем мĕнле майпа ӳсĕмсем тунине уçса палăртмасăр тата пĕтĕçтермесĕр, юлса пыракансен ĕçри чăрмавсем мĕнрен килсе тухнине тĕплĕн анализ тумасăр сырнă статьясем витĕмсĕр пулаççĕ.

Иртнĕ çулталăк хушшинче хаçат лайăх ĕçлекен фермăсем, дояркăсемпе свинаркăсем, уй-хир бригадисем çинчен сахал мар асăннă, тĕрлĕ цифрăсем нумай илсе кăтартнă. Анчах ял ĕçченĕсем фермăн е дояркăн, уй-хир бригадин е кукуруза туса илес тĕлĕшпе ĕçлекен звенон ĕç опычĕ çинчен çырнă асра юлакан пĕр статья та тупма çук. Шверник ячĕпе тăракан колхозри паллă свинарка—«Республикăри чи лайăх свинарка» ятпе илме тивĕçлĕ пулнă Е. Смирнова юлташ çырнă пĕртен-пĕр статьяна та республикăри хаçатран кăна илсе пичетленĕ.

Хаçатăн тепĕр çитменлĕхĕ вăл—пуçарнă ĕçе вĕçне çитерме тăрăшмани. Иртнĕ çулта «Правда» колхозри комсомолецсемпе çамрăксем паха пуçару тунăччĕ, районти мĕнпур комсомолецсемпе çамрăксене колхозсене çуракине лайăх хатĕрленсе çитерессишĕн социализмла ăмăрту пуçарма чĕнсе каланă. Çак пуçарăва ВЛКСМ райкомĕ ырланă, чĕнсе каланине хаçатра пичетленĕ.

Çамрăк колхозниксем хушшинчи социализмла ăмăртура камсем лайăх тĕслĕхсем кăтартнă, вĕсен ĕçри опычĕ мĕнле—çаксем çинчен вулакансем пĕлмесĕрех юлнă. Хаçат «Правда» колхозри комсомолецсемпе çамрăксен чĕнĕвне ытти сĕрте ырлани çинчен 2—3 информаци панă та ăнланнă, ĕç мĕнле пулса пынине анлăн çутатман.

Тепĕр тĕслĕх. Июнь уйăхĕнче трактор бригадин бригадирĕ Г. Васильев юлташ ялхуçалăх ĕçĕсене агротехника çинчен пысăк пахалăхпа тума чĕнсе çырнă. Хăйсен сăмахне пурнăçлас тесе, вăл ертсе пыракан бригадăри механизаторсем Шверник ячĕпе тăракан колхозра ырми-канми ĕçленĕ, колхозниксене тырпул тухăçне ӳстерме тивĕçлипе пулăшнă. Хаçат вара малта пыракан трактор бригадин ĕçри опычĕпе тĕплĕн паллаштарман, бригадăри механизаторсен чĕнĕвне ытти бригадăсенче мĕнле кĕтсе илни çинчен те çырман. Кĕркунне кăна çак бригадăри трактористсем МТС-ра мала тухни, бригадăна дирекципе партбюрон куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне памалла туни çинчен питĕ кĕскен пĕлтернĕ.

Малта пыракансем çинчен çырни кăна çителĕксĕр-ха. Вĕсен опытне ĕçе кĕртсе пыма ытларах тăрăшмалла. Çакă вăл, паллах, редакци работникĕсен организаторла ĕçсем нумайрах туса иртерме кирлине пĕлтерет. Тĕслĕхрен, хаçатра «Сталинград» колхозри чăх-чĕп фермин ĕçĕсем çинчен çырнă, Е. Макаровăпа Л. Митрофанова птичницăсен опычĕпе паллаштарнă. Çакăн хыççăн хаçатра кайăк-кĕшĕк пăхакан ытти колхозниксене те çăмах панă пулсан, «Сталинград» колхозри чăх-чĕп пăхакансен опычĕ ĕçе кĕрсе пыни çинчен тăтăшах çырнă пулсан, районта кайăк-кĕшĕк ĕрчетес ĕç чылай лайăхланас пирки нимĕн иккĕленмелли те çук.

Иртнĕ çулти декабрĕн 11-мĕшĕнче хаçат тепĕр ырă хыпар пĕлтерчĕ. Шверник ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнче районти колхоз председателĕсемпе ферма заведующийĕсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен семинар-канашлăвĕ пулнă. Колхоза курма тата вĕренме пынă хăнасем фермăсенче пулнă, вĕсем шыв илсе пырассипе тата выльăх-чĕрлĕхе улăма пăспа çемçетсе çитерессипе мĕнле йĕркеленипе паллашнă. Анчах хаçат темшĕн артелĕн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри опычĕ çинчен тĕплĕн çырса кăтартман. Асăннă семинар-канашлăва парти райкомĕ иртернĕ, анчах редакци тунă йăнăша тӳрлетме вăл та пулăшман.

Районта кашни уйăхрах колхозсемпе дояркăсем ĕнесенчен сĕт нумайрах суса илессишĕн ăмăртса ĕçленин итогĕсене палăртаççĕ. Анчах хаçатра партин ХХ-мĕш съездĕ умĕнчи ăмăртура малта пыракансен сăнӳкерчĕкĕсене курма çук. Вĕсен ĕçĕсем çинчен лайăх çырнă очерксемпе зарисовкăсем, репортажсем те пичетленмеççĕ.

Социализмла ăмăртăва йĕркелесе ертсе пырас тĕлĕшпе хăшпĕр колхозсенчи парторганизацисем те çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Вĕсем ăмăрту итогĕсене ячĕшĕн кăна пăхса тухаççĕ, малта пыракансен опытне пĕтĕçтермеççĕ. Апла пулин те «Колхозник хаçачĕ» социализмла ăмăртăва начар ертсе пыракан парторганизацисене, колхоз правленийĕсене критиклемест, вĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсемпе килĕшсе пурăнать.

Пирĕн сĕршыв пурнăçĕнче паллă событи—Коммунистсен партийĕн ХХ-мĕш съезчĕ уçăлмалли кун çывхарса килет. Республикăри ĕçсыннисем съезд умĕнхи социализмла ăмăртура çĕнĕ çитĕнӳсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ. Районти хаçатсен ăмăртура малта пыракансен опытне тăтăшах çутатмалла, массăсене кулленхи ĕçре çĕнĕ ӳсĕмсем тума мобилизацилесе пымалла.

# Сĕт нумайрах суса илнĕ колхозсем

(1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне)

| Колхозсем | Районсем | Колхоз председателĕсем | Кашни ĕне пуçне сĕт суса илнĕ (килограмма) | 100 гектар çĕр пуçне сĕт илнĕ (центнерпа) |
|---|---|---|---|---|
| 1. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | И. В. Васильев | 649 | 44,5 |
| 2. Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | Ф. П. Юхтанов | 628 | 36,8 |
| 3. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | В. В. Зайцев | 621 | 33,5 |
| 4. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | В. П. Орлов | 583 | 36,66 |
| 5. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | С. К. Коротков | 537 | 34,73 |
| 6. Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | А. С. Семенов | 464 | 25,77 |
| 7. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | Е. А. Андреев | 461 | — |
| 8. «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | М. Г. Долгов | 452 | 22,9 |
| 9. «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | А. Н. Павлов | 443 | 23,32 |
| 10. «Победа» колхоз | Улатăр | М. С. Митик | 440 | — |
| 11. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | Н. П. Петров | 411 | 24,5 |
| 12. Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | М. Н. Князьков | 391 | 21,5 |
| 13. «Красный Октябрь» колхоз | Муркаш | А. Ф. Федоров | 381 | — |
| 14. «Правда» колхоз | Элĕк | С. А. Шлябин | 378 | 17,3 |
| 15. «Гигант» колхоз | Вăрнар | Ф. П. Шашков | 373 | 21,5 |
| 16. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | М. Ф. Скворцов | 366 | 23,3 |
| 17. Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | Н. С. Хабаров | 366 | 24,7 |
| 18. «Красная Поляна» колхоз | Первомайски | П. М. Степанов | 355 | 17,0 |
| 19. «Путь Ильича» колхоз | Улатăр | А. А. Яблонский | 332 | — |
| 20. «Звезда» колхоз | Октябрьски | С. Я. Яковлев | 330 | — |
| 21. «Цивильстрой» колхоз | Çĕрпӳ | И. И. Иванов | 316 | — |
| 22. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Шăмăршă | З. З. Сайфутдинов | 311 | — |
| 23. «Красный флот» колхоз | Шупашкар | П. Г. Григорьев | 310 | 21,2 |
| 24. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | А. П. Лямасов | 309 | 10,5 |
| 25. «Первомайский» колхоз | Улатăр | А. П. Бурмистров | 308 | — |
| 26. «Трактор» колхоз | Калинино | Г. В. Никифоров | 308 | 17,2 |
| 27. «Победа» колхоз | Чурачăк | Н. Н. Любимов | 304 | 7,9 |
| 28. М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | Л. И. Тихонов | 297 | 13,8 |
| 29. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Чурачăк | Ф. С. Семенов | 287 | 11,3 |
| 30. Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | В. Т. Тимофеев | 283 | 9,0 |
| 31. «Новая сила» колхоз | Первомайски | Н. М. Власов | 281 | 6,3 |
| 32. «Красный луч» колхоз | Улатăр | А. В. Лёнин | 279 | — |
| 33. «Трактор» колхоз | Елчĕк | И. Ф. Иванов | 274 | 15,2 |
| 34. К. Маркс ячĕпе тăракан колхоз | Элĕк | П. А. Ананьев | 272 | 11,2 |
| 35. «Правда» колхоз | Шăмăршă | В. П. Кошкин | 266 | — |
| 36. «Восток» колхоз | Чкаловски | Н. Ф. Чернов | 264 | 13,7 |
| 37. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Ишлей | С. С. Тереев | 264 | — |
| 38. «Красный флот» колхоз | Первомайски | Ф. Н. Сергеев | 264 | 8,9 |
| 39. Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | И. С. Сергеев | 263 | 8,6 |
| 40. «Герой» колхоз | Красноармейски | Н. П. Харитонов | 263 | — |
| 41. «Большевик» колхоз | Ишлей | М. Ф. Семенов | 256 | — |
| 42. «За коммунизм» колхоз | Ишлей | А. И. Шмелев | 255 | — |
| 43. «Дружба» колхоз | Комсомольски | С. А. Алиуллов | 255 | 9,74 |
| 44. «1905 год» | Çĕрпӳ | И. И. Иванов | 254 | — |
| 45. Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | П. И. Сулленков | 251 | — |
| 46. Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | А. В. Киреев | 249 | 13,5 |
| 47. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | В. П. Сидякин | 246 | — |
| 48. Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Улатăр | А. С. Костулин | 245 | — |
| 49. «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | П. Я. Яковлев | 242 | — |
| 50. Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | Т. В. Безруков | 240 | — |
| 51. «Родина» колхоз | Комсомольски | В. С. Харитонов | 238 | 11,27 |
| 52. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | Е. А. Трофимов | 237 | 8,6 |
| 53. Суворов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | Ф. П. Кремчуков | 237 | |
| 54. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Шăмăршă | И. Л. Кудряшов | 235 | |
| 55. «Дружба» колхоз | Вăрмар | И. Г. Григорьев | 235 | |
| 56. Киров ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | В. И. Кукушкин | 234 | |
| 57. Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Шăхасан | В. П. Павлов | 234 | |
| 58. «Правда» колхоз | Çĕрпӳ | Г. А. Алексеев | 234 | |
| 59. Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Хĕрлĕ Чутай | Д. М. Петров | 233 | 10,9 |
| 60. «Красный этновец» колхоз | Çĕрпӳ | С. М. Максимов | 232 | |
| 61. «Пахарь» колхоз | Елчĕк | А. М. Шапошников | 232 | 10,8 |
| 62. «Путь Ленина» колхоз | Чкаловски | В. Г. Енилин | 232 | 7,8 |
| 63. Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | В. С. Спиридонов | 231 | — |
| 64. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | П. М. Мефодьев | 229 | |
| 65. «Хунав» колхоз | Елчĕк | В. В. Иванов | 228 | 8,5 |
| 66. Киров ячĕпе тăракан колхоз | Йĕпреç | П. И. Иванов | 225 | 32,3 |
| 67. «1 мая» колхоз | Шупашкар | Н. М. Миронов | 224 | 12,3 |
| 68. Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | А. В. Макаренко | 224 | |
| 69. Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | П. С. Кочетов | 222 | 7,9 |
| 70. «25 лет ЧАССР» колхоз | Улатăр | Г. Н. Николаев | 222 | |
| 71. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Комсомольски | А. И. Волков | 220 | 8,27 |
| 72. «XI лет Чувашии» колхоз | Ишлей | А. И. Улеев | 220 | |
| 73. Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | В. В. Денисова | 218 | 4,86 |
| 74. Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | Н. П. Краснов | 218 | |
| 75. «Родина» колхоз | Елчĕк | Н. И. Ильин | 217 | 8,99 |
| 76. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Шăхасан | А. А. Андреев | 216 | |
| 77. «Путь Ленина» колхоз | Красноармейски | А. С. Зорин | 212 | |
| 78. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Улатăр | Н. Г. Плахов | 209 | |
| 79. Киров ячĕпе тăракан колхоз | Шăхасан | А. В. Васильев | 208 | |
| 80. Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Йĕпреç | С. Мамонтов | 207 | 12,2 |
| 81. «Путь Ильича» колхоз | Хĕрлĕ Чутай | Ф. С. Спиридонова | 206 | 8,8 |
| 82. Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Шăхасан | И. М. Моисеев | 205 | |
| 83. «Заря» колхоз | Йĕпреç | М. А. Рябчиков | 204 | 9,0 |
| 84. «Красный фронтовик» колхоз | Йĕпреç | Ф. З. Захаров | 203 | 9,0 |
| 85. «Правда» колхоз | Муркаш | Т. Е. Евдокимов | 202 | |
| 86. Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | В. Т. Ярушкин | 202 | 6,6 |
| 87. «Путь социализма» колхоз | Первомайски | Е. Г. Кольцов | 202 | 7,6 |
| 88. «Победа Октября» колхоз | Улатăр | П. М. Душенков | 200 | — |
| 89. «Гвардеец» колхоз | Шупашкар | Ефремов | 200 | 4,96 |
| 90. К. Маркс ячĕпе тăракан колхоз | Советски | Н. А. Шагеров | 200 | 9,1 |
| 91. Киров ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | А. И. Васильев | 200 | 11,0 |

*КИНО*

# Чаплă педагогăн çутă сăнарĕ

Ачасене тĕрĕс пăхса çитĕнтерсе çын тăвассипе çинчен чаплă педагог Антон Семенович Макаренко çырса хăварнă «Педагогикăлла поэма»—вулакансен чĕрине чăннипех хумхантаракан кĕнеке. Совет литературин ылтăн фондне вăл ялан лăхах кĕрсе юлнă. Ăна кашниех юратса вулать, мĕншĕн тесен вăл айăпа кĕнĕ ачасене мĕнле юсасси çинчен çеç мар, çĕнĕ обществăри çĕнĕ çын мĕнле çурални çинчен те питĕ уççăн каласа парать. Педагогика теорийĕпе практикинчи чи ырă та ăслă ĕçсенчен чылайăшĕ халĕ А. С. Макаренко ячĕпе тачă çыхăнса тăраççĕ, воспитани ĕçне вăл пĕтĕмпех коллективра тума вĕрентнĕ. Çавăнпа ĕнтĕ асăннă произведенири геройсене тата вĕсен пурнăçне пирĕн вулакансем нумай çулсем хушши асра тытаççĕ.

Çав чаплă кĕнекери геройсене халĕ акă эпир экран çинче тĕл пулатпăр.*) Пире вĕсем совет влаçĕн малтанхи çулĕсем çинчен, совет халăхĕ çав вăхăтри йывăрлăхсене мĕнле çĕнтерни çинчен каласа кăтартаççĕ.

Питĕ йывăр пулнă совет халăхĕн кунçулĕ совет влаçĕн малтанхи çулĕсенче. Пĕтĕм халăх хуçалăхне аркатса хăварнă граждан вăрçи вăхăтĕнче нумай ачапăча тăлăха юлнă.

Çамрăк граждансене хăвăртрах тĕрĕс çул çине тăма пулăшас тесе, Совет правительстви хăй мĕн тума пултарнине пĕтĕмпех тунă. Владимир Ильич Ленин хушнă тăрăх, тăлăх-туратсене вĕренме тата пăхса ӳстерме чылай укçатенкĕ уйăрса панă, ача сурчĕсенче ĕçлеме чи лайăх та пултаруллă çынсене янă. Çавăн пек çынсенчен пĕри вăл Антон Семенович Макаренко пулнă.

Фильмăн малтанхи кадрĕсенчех эпир А. С. Макаренко (В. Емельянов артист) сăнарĕнче ачасене чунтан-чĕререн юратакан, ăшă кăмăллă, ăслă çынна куратпăр.

...Çĕтĕк-çатăк тумланнă, çивĕч куçлă, пĕр пĕчĕкçĕ ачана, пуçне кивĕ шлем тăхăннăскерне, çитĕннĕ çынсем хӳтерсе çӳреççĕ, ăна вĕсем ăсран тайăлнă тесе шутлаççĕ. Хăйне ухмаха ернĕ çынсен çуртне ярассинчен шикленсе, ача усă чӳрече янаххи çине хăпарса тăрать, чăнах та ухмаха ернĕ пек çухăрса кăшкăрать:

— Эсир мана тытса чаратăр пулсан, халех çӳлти хутри чӳречерен сиктĕп!

Çак вăхăтра вĕсем патне яштака кĕлеткеллĕ, çамрăках мар çын пырса тухать. Ку вăл—А. С. Макаренко. Çӳлти хутран сикме хатĕрленнĕ ачапа вăл унăн чăн-чăн тăван ашшĕ пек лăпкăн та ăшшăн калаçать. Куракансем тӳрех çакна асăрхаççĕ: хайхи ача пĕрре те ухмах мар иккен, тĕрĕс çул çине тăма ăна ăслă воспитатель пулăшни çеç кирлĕ. Çак эпизодран пуçласа вара эпир ăслă та сăпай кăмăллă педагогпа унăн ĕçри тусĕсем çине савăнса та тĕлĕнсе пăхатпăр, вĕсен йывăр та пархатарлă ĕçне курса, чĕререн хавхаланатпăр.

А. С. Макаренко — ачасен колонийĕн заведующийĕ. Унăн умне çав тери йывăр задача—килсĕр-мĕнсĕр, тăлăх ачасене тĕрĕс çул çине тăратас задача лартнă. Анчах мĕнле тумалла-ха ăна? Çак йывăр ĕçе мĕнрен тытăнассине кĕнĕрнери çутĕç пайĕн заведующийĕ те, педагогсем те пĕлмеççĕ. Макаренко хăй те шалтах аптрать: мĕн тумалла, мĕнрен тытăнмалла?

Колони заведующийĕ аллинче çурма ишĕлчĕк çуртпа пĕр-икĕ пукансăр пуçне урăх нимех те çук. Пĕртен-пĕр кроватьпе кивĕ шкаф та юрăхсăра тухнă. Педагогсем те иккĕн çеç. Колонири хуçалăх заведующийĕ Калина Иванович Сердюк (М. Покотило артист) та çамрăк вăрăхурахсенчен шикленет. Пĕтĕмпех çĕнĕрен тытăнмалла, пурне те хăйсен тумалла.

Колоние, акă, чи пуçтах ачасем—Задоров (Г. Юматов артист), Бурун (Ю. Саранцев артист), Гуд (Я. Паничев артист), Таранец (А. Чистик артист), Митягин (П. Грубник артист) тата ыттисем пырса кĕреççĕ. Пĕрин те вĕсен питкуçĕ çинче сын çĕнĕ нуранмасть: пурте темĕне сăнсăр камитсем пек туйăнаççĕ. Вăрласа кăна пурăнма хăнăхнăскерсем, вĕсем нимĕн çинчен те шутламаççĕ, никама та пăхăнмаççĕ. Хăйсенчен асăраххисене хисеплесе вырăнне, вĕсенчен тăрăхлаççĕ, хăйсен çинĕ пулĕмре ирĕхсе лараççĕ, ытла тата тухмаççĕ.

Пĕррехине Макаренко, хăйне ытлашши тарăхтарса çитернĕ пирки, Задорова питрен çутăлтарса ярать. Ку вара хăйне питĕ паттăр тесе шутласа пурăннă Буруна та хытă тĕлĕнтерет, ыттисем те, хăйсен ĕмĕрĕнче сыпран вăтанса е хăраса курманскерсем, Макаренко умĕнче юпа пек хытса тăраççĕ.

Сук, сунса янăран шикленнипе мар, хăйсен айăпне туйса илнипе колонистсем пирвайхи хут ĕçе тухма килĕшеççĕ.

Анчах Макаренкопа çак ачасем хушшинчи кĕрешӳ кунпа вĕçленмест-ха. Аллисене пуртă е пăчкă тытнă ачасем акă вăрманта тарăн юр çийĕн йывăррăн ашса пыраççĕ. Малта—шинель тăхăннă, куçкăлă çын. Ун çине вĕсем тăрăса пăхаççĕ. Çак куçкăлă çынна вĕлерессĕ вĕсемшĕн нимĕн те мар... Задоров хушаматлă, пуринчен те пысăкраххи тата пуринчен те чарусăрри, Макаренкопа пĕрле юлсан, ăна турттать. Сăнчарти кашкăр çури пек тухăхарть, Ун çине пăхсан, тӳрех: «Курăнăр-ха акă, хам камă», тенĕ пек туйăнать.

Çак юратман çын хăйне мĕн тери йăхтарса янине фильмра уйрăмах питĕ лайăх кăтартса панă. Колоние çавăн пек ачасен тепĕр ушкăнне илсе пыраççĕ. Вĕсем те çĕтĕк-çатăк, чарусăр, кахал.

— Камсем эсир?—тесе ыйтать вĕсенчен пĕри. Çав вăхăтрах хăй çапла ответлет:— Эсир халĕ пыйтă-шăркасемпе хăнкăласене тата таракансене тăрантармалли апат-симĕç бази çеç шутланатăр-ха...

Ытлашши иртĕхсе кайнă хулигансем хăйсенчен пĕчĕкрех те йăвашрах ачасене хĕненине кăтартакан кадрсене курнă чухне кашниех чĕререн тарăхать. Çав вăхăтра вара экран çинче пулса иртекен ĕçсене хутшăнас килет, Макаренкона унăн йывăр та чаплă ĕçĕнче пулăшас килет.

Ĕçри хастарлăх пурпĕрех çĕнтерет: ачасем ерипен хăйсен воспитателĕ çине кăмăллăн пăхма, коллектив вăйĕ çине шанма пуçлаççĕ. Мĕншĕн тесен Макаренко ачасен чунне кĕме пĕлет, кашнин шухăшкăмăлне витĕр курса тăрать. Унăн пĕр питĕ тĕрĕс принцип пур: çынна мĕн май килнĕ таран ытларах хисеплемелле, ытларах шанмалла, унран ытларах ыйтмалла. Хăйĕн пĕтĕм ĕçне вăл çак принцип тăрăх туса пырать. Ку тĕлĕшпе фильмра пĕр Карабанов хушаматлă ачана тĕрĕс çул çине тăма пулăшнине кăтартакан кадрсене куракансем нихçан та манас çук.

Макаренко акă хăйĕн кабинетĕнче яланхи пекех, нимĕн пăлханмасăр, тӳлеккĕн ларать. Нумай пулмасть колоние каялла пынă чарусăр ачана вăл хулана укçа илме янă, ăна хăйĕн револьверне панă. Куракансем ирĕксĕрех тарăн шухăша каяççĕ: чăнах та кидĕ-ши ĕнтĕ вăл кунта тепĕр хут? Шăп çак вăхăтра вара экран çинче диктор сасси мăнаçлăн янăраса каять: «Карабанов пирки эпĕ иккĕленмен, хам апла хăтланнă пирки эпĕ хăраман. Эпĕ малтанах пĕлнĕ: çынна юратас тата хисеплес тени вăл ун умне пысăк требованисем лартмаллине пĕлтерет».

А. С. Макаренко, чăн та, йăнăшман! Унăн чĕринчи ырă кăмăллă туйăма паракан Карабанов (Ю. Панич артист) хуларан ăнăçлах таврăнать. Воспитатель хăйне çавăн пек ĕненнинчен тĕлĕнсе, вăл хăйне хăй майран пăвса тытать.

«Кулатăр эсир манран? Эсир мана çавăн пек шанма пултарасси нихçан та пулма пултараймасть... Пулма пултараймасть! Юри хăтланатăр эсир çавăн пек, пĕлетĕп эпĕ, юри...»

Фильмри кадрсем пĕрин хыççăн тепри пире унти геройсем çĕнелсе тата ӳссе пынине, Тăван сĕршывшăн чăннипех усăллă çынсем пулса пынине ĕненмелле уçса кăтартаççĕ.

Акă Бурун. Малтанхи кадрсенче вăл çав тери чарусăр: нимĕнрен те хăрамасть, никамран та вăтанмасть. Каярахпа вара, хăйне вăрăпа тытсан, Макаренко умĕнче пуçне чиксе тăрать, юлташĕсем çине пăхма вăтанать, фильм вĕçĕнче вара, кĕнекере çырса кăтартнă пекех, колонири ачасен отрячĕсене хăй хыççăн савăнăçлăн ертсе çӳрет. Фильмри ытти геройсен кунçулĕ те çавăн пек улшăнса пырать. Совет сыннисен телейлĕ пурнăçĕшĕн, ӳсекен ăрăва тĕрĕс пăхса çитĕнтерме пулăшакан педагогикăшăн тата унăн чапа тухнă мастерĕ—А. С. Макаренко тунă ырă ĕçсемшĕн чĕререн савăнатăн.

Ахальтен мар ĕнтĕ вырăссен аслă писателĕ А. М. Горький А. С. Макаренкона питĕ пысăка хурса хакланă, ăна талантлă педагог тесе шутланă. Юлашки эпизодсенчен пĕринче вăл, ачасем патне хăнана пынăскер, Макаренкона çапла калать: «Питĕ тĕлĕнмелле çын эсир... Шăпах та сан пеккисем питĕ кирлĕ сĕршыва... Сирĕн ăслă та чаплă ĕçĕршĕн тав тăвас килет».

Çамрăк ăрăва тĕрĕс воспитани парас ĕçе чунтан-чĕререн парăнса пурăннă çыннăн сăнарне ĕненмелле уçса кăтартакан эпизодсем фильмра татах та нумай.

Кĕнекери нумай детальсене сиктерсе хăварнă пулин те, çак çĕнĕ фильм совет çамрăкĕсене коммунизмла воспитани парас ĕçре паллă вырăн йышăнса тăрать, империализм вăрçипе граждан вăрçинчен юлнă йывăр инкексене хирĕç Совет государстви мĕнле хастарлăхпа кĕрешни çинчен питĕ тĕрĕс каласа кăтартать.

М. ЮРЬЕВ.

*) «Педагогическая поэма» ятлă çĕнĕ фильм. Сценарине И. Маневичпа А. Маслюков çырнă. Постановкăна А. Маслюковпа М. Маевская хатĕрленĕ, главный операторĕ И. Шеккер, композиторĕ А. Свечников. Киеври илемлĕ фильмсен киностудийĕ кăларнă.

## СССР Верховнӑй Совечӗн сессийӗнче Н. А. Булганин тунӑ докладпа Н. С. Хрущев каланӑ сӑмаха Румынире кӗнеке туса пичетлесе кӑларнӑ

БУХАРЕСТ, январӗн 23-мӗшӗ. (ТАСС). Румынири политикӑлла литературӑн государство издательстви Совет делегацийӗ Индие, Бирмӑна тата Афганистана кайса килни ҫинчен СССР Верховнӑй Совечӗн сессийӗнче Н. А. Булганин тунӑ доклада тата Н. С. Хрущев тухса каланӑ сӑмаха румынла куҫарса, массӑллӑ тиражпа пичетлесе кӑларнӑ.

## Совет Союзӗнчи Хӗрлӗ Хӗрес общеcтви Ҫурҫӗр Норвеги халӑхне пулӑшать

Нумаях пулмасть Норвегин ҫурҫӗр районӗсенче вӑйлӑ ҫил-тӑвӑл пулнӑ, вӑл халӑхпа пурлӑха пысӑк сиен кӳнӗ.

Ҫакна май ССР Союзӗнчи Хӗрлӗ Хӗреспе Хӗрлӗ Ҫуруйӑх обществисен союзӗн исполнительнӑй комитечӗ Норвегири Хӗрлӗ Хӗрес обществине телеграмма янӑ, халӑха инкек пулнӑшӑн пӑшӑрханни ҫинчен пӗлтернӗ тата хӗн-хура лекнӗ халӑха пулӑшма ҫак обществӑпа 50 пин тенкӗ панӑ.

Исполком председателӗ Г. А. Митерев профессор янӑ телеграммӑра ҫапла каланӑ: «совет ҫыннисен ҫак пӗчӗк парнине йышӑнсан тата хӗн-хур тӳснӗ халӑх пурнӑҫне ҫӑмӑллатас ӗҫре ҫак парнепе усӑ курсан, эпир чунтан савӑнаттӑмӑр», тенӗ.

Норвегири Хӗрлӗ Хӗрес обществин председателӗ Эринг Стинп, телеграмма ҫине ответлесе, ҫыру янӑ, ҫил-тӑвӑлтан хӗн-хур тӳснӗ ҫынсене пулӑшмалли фонда укҫа парса парнеленӗшӗн Совет Союзӗнчи Хӗрлӗ Хӗрес обществине тав тунӑ, ҫапла ырӑ кӑмӑлпа пулӑшнине Норвегире пысӑка хурса хакласҫӗ, тенӗ. «Ҫак укҫа-тенкӗ,— тенӗ ҫырура,—Ҫурҫӗр Норвегне пулӑшас тӗлӗшпе тӑвакан ырӑ ӗҫре пысӑк усӑ кӳрӗ».

## ДЕМОКРАТИЛЛӖ ВЬЕТНАМ РЕСПУБЛИКИНЕ 1956 ҪУЛТА АТАЛАНТАРМАЛЛИ ГОСУДАРСТВО ПЛАНӖ

ХАНОЙ, январӗн 22-мӗшӗ. (ТАСС). «Нян дан» хаҫат Демократиллӗ Вьетнам Республики Госпланӗн председателӗн заместителӗ Нгуен Ван Цхон Вьетнамри информаци агентствин корреспонденчӗпе калаҫнине пичетлесе кӑларнӑ. Унта Демократиллӗ Вьетнам Республикин 1956 ҫулхи государство планӗ ҫинчен каланӑ.

Государствӑн 1956 ҫулхи планӗн тӗп задачи вӑл, тенӗ Нгуен Ван Цхон, ҫӗршыв экономикине юсаса ура ҫине тӑратасси, производствӑна вӑрҫӑччен шая ҫитересси, халӑх культурине ӳстерессн пулса тӑрать. Планра, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, 22 процент нумайрах рис, 130 процент нумайрах ҫӗр мамӑкӗ, 150 процент нумайрах сахӑр хӑмӑшӗ туса илме тата ытти ӗҫсем тума палӑртнӑ.

Промышленность енӗпе план ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларассине, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, 128 процент, тӑхлан туса кӑларассине—229 процент, фосфат кӑларассине—292 процент, электроэнерги туса кӑларассине—152 процент ӳстерме палӑртать. Цемент тата пир-авӑр туса кӑларасси чылай ӳсет.

Китай Халӑх Республикинчи халӑх яла социализмла ҫӗнетсе улӑштарассишӗн кӗрешет. Производствӑллӑ ялхуҫалӑх кооперативӗсен хисепӗ миллион та тӑватӑ ҫӗр пине ҫитнӗ. Халӗ кооперативсем тӑвас ӗҫ анлӑн сарӑлса пырать.

Ӳкерчӗк ҫинче: Гуандун провинцийӗнче. Чжуньчжун Хайан ялӗнчи хресченсем ялхуҫалӑх кооперативне кӗме ҫырӑнаҫҫӗ.

Синьхуа агентствин фотоӳкерчӗкӗ (ТАСС фотохроники).

## Китай Халӑх Республикинче специалистсем вӗрентсе хатӗрлеҫҫӗ

ПЕКИН, январӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). «Народный Китай» журнал «Социализм тӑвакансен кадрӗсем» ятлӑ статьяра ҫапла ҫырать: инженерпа-техникла работниксем тата хуҫалӑхпа администраци работникӗсем вӗрентсе хатӗрлес ӗҫе ытлӑ ытлӑ парас шутпа Китай Халӑх Республикин пӗрремӗш пилӗк ҫуллӑх планӗнче аслӑ шкулсемпе вӑтам шкулсенчен 1.160 пин специалист вӗрентсе кӑларма палӑртнӑ.

Пӗррмӗш пилӗкҫуллӑхра Китай Халӑх Республикинчи аслӑ шкулсем 280 пин специалист ытла вӗрентсе кӑлараҫҫӗ. Пӗррмӗш пилӗкҫуллӑхӑн малтанхи виҫӗ ҫулӗнче (1953—1955 ҫулсенче) аслӑ шкулсемпе вӑтам шкулсенчен наукӑпа техника пӗлӗвӗсем илнӗ темиҫе ҫӗр пин специалист вӗренсе тухнӑ.

Хальхи вӑхӑтра Китайра 188 аслӑ шкул ӗҫлет. Ҫав шутра техникӑлла аслӑ шкулсем 40 шутланаҫҫӗ. Халӗ унта специальнӑй вӑтам шкулсем 1946 ҫулхинчен виҫӗ хут ҫурӑ нумайрах. Вӗсенче 430 пин ҫын вӗренет.

Кадрсем хатӗрлес ӗҫре рабочисемпе служащисене производствӑран уйӑрмасӑр каҫхи шкулсенче вӗрентни пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Ҫак шкулсенче вӗсене пуҫламӑш тата вӑтам шкулсен, техникумсемпе аслӑ шкулсен программисем тӑрӑх вӗрентеҫҫӗ.

Аслӑ шкулсемпе предприятисем ҫумӗнче каҫхи шкулсемпе университетсем 40 ытла, заочно вӗренмелли факультетсем 7, каҫхи техникумсем 30 шутланаҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне, заводсенче, фабрикӑсенче, шахтӑсенче рабочисене производствӑран уйӑрмасӑрах вӗрентме 10 пин ытла пуҫламӑш тата вӑтам шкулсем уҫнӑ. 1954 ҫулта Китайри шкулсенче рабочисемпе служащисем 2.900 пин ҫын ытла вӗреннӗ.

Пилӗк ҫуллӑх планра 60 аслӑ шкул тума палӑртнӑ. Вӗсем ӗҫлеме тытӑнсан, Китайри студентсен йышӗ 430 пин ҫынна ҫитн ӳсет. Специальнӑй вӑтам шкулсенче вӗренекенсен шучӗ 600 пин ҫынна ҫитмелле.

## Дачэнь утравӗ ҫинчи ҫӗнӗ пурнӑҫ

ПЕКИН, январӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). 1955 ҫулхи февралӗн 13-мӗшӗнче Китай халӑхӗн ирӗклӗх ҫарӗн чаҫӗсем Чжэцзян провинцийӗн ҫыранӗ патӗнчи Дачэнь утравне чанкайшистсенчен ирӗке кӑларчӗҫ. Чанкайшистсем ҫаратса хӑварнӑ утрав ҫинчи халӑх халӗ ирӗклӗ те телейлӗ пурнӑҫпа пурӑнать.

Халӑх влаҫӗсем тӑрӑшнипе, халӑхӑн ирӗклӗх ҫарӗн воинӗсем пулӑшнипе утрав ҫинчи ялхуҫалӑхӗ хӑвӑрт юсанса пырать. Ҫавӑн пекех пулӑ тытас ӗҫ те аталанать.

«Женьминьжибао» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫак кунсенче Чжэцзян провинцийӗнчи Вэньчжоу хулинчи ҫамрӑксен пысӑк ушкӑнӗ Дачэнь утравӗ ҫине каять. Унта вӗсем паха ҫӗрсемпе усӑ курма тытӑнас, утрав экономикине малалла вӑйлатас ӗҫе хутшӑнаҫҫӗ.

### РУМЫНИРИ ҪӖНӖ ХУЛА

БУХАРЕСТ, январӗн 22-мӗшӗ. (ТАСС). Трансильванире, Сталин ячӗпе тӑракан хими комбиначӗ ҫывӑхӗнче, Румынири чи ҫамрӑк хуласенчен пӗри—Виктория хули пулса тӑнӑ.

Хулара вунӑ ҫул вӗренмелли шкул, кинотеатр, поликлиника, вокзал, магазинсем, ача яслисем, администраци тата культурӑпа йӑла ҫурчӗсем, ҫавӑн пекех пурӑнмалли нумай ҫуртсем туса лартнӑ.

### ЮГОСЛАВИРЕ ҪӖР КАМРАНӖ КАЛАРАССИ УССЕ ПЫРАТЬ

БЕЛГРАД, январӗн 23-мӗшӗ. (ТАСС). ТАНЮГ агентстви ҫапла пӗлтерет: январӗн 21-мӗшӗнче Югославири ҫӗр кӑмрӑкӗпе металлурги промышленноҫӗнчи инженерсен тата техниксен канашлӑвӗ пулса иртнӗ. Ҫак канашлура сӳтсе явнӑ планра палӑртнӑ тӑрӑх, 1963 ҫул тӗлне Югославире ҫулталӑкра 28 миллион тонна таран ҫӗр кӑмрӑкӗ расходлама тытӑнмалла.

Иртнӗ ҫулта Югославире 15 миллион тоннӑна яхӑн ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларнӑ. Кӑҫал 16 миллион та 200 пин тонна таран кӑларма шутлаҫҫӗ. Вӑрҫӑччен вӑхӑтра Югославире ҫӗр кӑмрӑкне ҫулталӑкра 6 миллион тонна ытларах кӑна кӑларнӑ.

## Халӑх пӗрлӗхне ҫирӗплетессишӗн

Индонезири митингсем

ДЖАКАРТА, январӗн 23-мӗшӗ. (ТАСС). Явӑпа Суматра утравӗсем ҫинчи нумай хуласенче массӑллӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ. Митингсене хутшӑнакансем наци пӗрлӗхне ҫирӗплетме, Индонези никама та, нимӗн чухлӗ те пӑхӑнса тӑмалла мар тӑвассишӗн малалла кӗрешме требовани лартаҫҫӗ. Митингсенче Харахап правительствине пӗр тӑхтаса тӑмасӑрах вырӑнтан кӑларма, анлӑ политикӑлла никӗс ҫинче ҫӗнӗ правительство туса хума ыйтаҫҫӗ.

Ӗнер Джокьякартӑра пысӑк митинг пулса иртнӗ. Ӑна пухас ӗҫе тӗрлӗ политикӑлла партисем, профсоюзсемпе ҫамрӑксен организацийӗсем—пӗтӗмпе 50 организаци яхӑн хутшӑннӑ. Митинга хулари, ҫавӑн пекех Центральнӑй Явӑри нумай районсенчи халӑхӑн мӗнпур сийӗсен представителӗсем пухӑннӑ. Митингра национальнӑй партин, мусульмансен партийӗсен представителӗсем, коммунистсен партийӗн руководителӗсем тухса каланӑ. Митингра пулнисем йышӑннӑ резолюцире халӑх пӗрлӗхне ҫирӗплетме кирлипе кӑтартса панӑ, Харахап правительствине вырӑнтан кӑларма, национальнӑй парти, мусульмансен партийӗсем тата коммунистсен партийӗ пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫленӗ никӗс ҫинче ҫӗнӗ правительство туса хума ыйтаҫҫӗ.

## Австралири портсенче ӗҫлекенсен забастовки

ЛОНДОН, январӗн 23-мӗшӗ. (ТАСС). Сиднейран пӗлтернӗ тӑрӑх, Австралири 53 портра 24 пин докер забастовка тӑвать. 100 ытла судно ҫинче грузсем тиесе пушатас ӗҫ чарӑнса ларнӑ. Забастовка профсоюзсемпе суднӑсен хуҫисен представителӗсем хушшинчи калаҫусем ӑнӑҫсӑр вӗҫленнӗ хыҫҫӑн пуҫланнӑ. Докерсем кашни эрнерех гарантиленӗ ӗҫ укҫи тӳлесе тӑма, сехет тӑрӑх тӳлекен ӗҫ укҫине 9 пенс ӳстерме, отпуск вӑхӑчӗшӗн тӳлеме, ӗҫ условийӗсене лайӑхлатма ыйтаҫҫӗ.

Паян мӗнпур портсенче забастовка тӑвакансен пухӑвӗсем пулса иртеҫҫӗ, забастовка комитечӗсем туса хураҫҫӗ.

Ҫӗршыври лару-тӑру ҫинчен сӳтсе явма паянах Австрали правительствин ларӑвне ирттерме палӑртнӑ.

Квинсленд штатӗнчи энергетика промышленноҫӗнчи 3.500 рабочи забастовка тӑвать, ку забастовка тӑваттӑмӗш кун пырать ӗнтӗ.

### ЯПОНИРИ СОЦИАЛИСТСЕН ПАРТИЙӖН ӖҪ ПРОГРАММИ

ТОКИО, январӗн 23-мӗшӗ. (ТАСС). Токиори радио пӗлтернӗ тӑрӑх, Японири социалистсен партийӗн центральнӑй исполнительнӑй комитечӗ 1956 ҫулӑн пӗррмӗш ҫур ҫулӗнчи ӗҫсен программине ҫирӗплетнӗ. Программӑра ҫапла кӑтартса панӑ: социалистсен партийӗ миршӗн тата Японин никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн, ҫӗнӗрен хӗҫпӑшалланма чаракан конституцие улӑштарассине хирӗҫ, ҫар базисем тӑвассине хирӗҫ кӗрешет. Социалистсен партийӗ Совет Союзӗпе тата Китай Халӑх Республикипе дипломатилле ҫыхӑнусем тытассине хӑвӑртрах йӗркелесе ярассишӗн тӑрать.

## Национальнӑй конгрессӑн ӗҫ тӑвакан комитечӗн ларӑвӗ

ДЕЛИ, январӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Делири радио пӗлтернӗ тӑрӑх, ӗнер Дели хулинче Неру премьер-министрӑн резиденцийӗнче Индири Национальнӑй конгрессӑн ӗҫ тӑвакан комитечӗн ларӑвӗ пулса иртнӗ. Радио пӗлтернинче ҫапла кӑтартса панӑ: ларура штатсене ҫӗнӗлле йӗркелесси ҫинчен решени йышӑннӑ май пулса тӑнӑ лару-тӑру пирки резолюци йышӑннӑ. Резолюцие халӑха чӗнсе калани майлӑ ҫырнӑ.

### ЧАНКАЙШИСТСЕН ВИҪӖ ОФИЦЕРӖ КИТАЙ ХАЛАХ РЕСПУБЛИКИ ЕННЕ КУҪНА

ПЕКИН, январӗн 22-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, нумаях пулмасть чанкайшистсен ҫарӗпе тинӗс-ҫар флотӗн виҫӗ офицерӗ Китай Халӑх Республики енне куҫнӑ. Вӗсене Пӗрлешӳллӗ Штатсене вӗренме янӑ пулнӑ. Ҫакӑнпа усӑ курса вӗсем, каялла килнӗ чухне, пысӑк йывӑрлӑхсене пӑхса тӑмасӑрах, Япони урлӑ континентри Китая таврӑннӑ.

### КӐНТӐР КОРЕЙӐРИ ҪАР ҪЫННИСЕМ ЯДЕРНӐЙ ХӖҪПӐШАЛ ЫЙТАҪҪӖ

НЬЮ-ЙОРК, январӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин Сеулти корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Кӑнтӑр Корейӑри «штабсен начальникӗсен пӗрлештернӗ ушкӑнӗн» председателӗ Ли Хюн Кун ҫакӑн пек требовани кӑларса тӑратнӑ: Пӗрлешӳллӗ Штатсем Ҫурҫӗр Корейӑн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсене «пӗр тӑхтаса тӑмасӑрах» ядернӑй хӗҫпӑшал памалла, тенӗ. Корреспондент ҫакна палӑртать: Кӑнтӑр Корейӑна американецсем ядернӑй хӗҫпӑшал парасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва Кӑнтӑр Корея ҫарӗн представителӗсем ҫапла официальнӑй йӗркепе хускатни халиччен пулман-ха, официальнӑй мар йӗркепе вара ҫавнашкал требованисене тахҫанах лартнӑ.

### ТУРЦИРЕ ШКУЛ ҪУЛНЕ ҪИТНӖ АЧАСЕН 50 ПРОЦЕНЧӖН ВӖРЕНМЕ МАЙ ҪУК

СТАМБУЛ, январӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). «Батан» хаҫат корреспонденчӗ Анкарӑран ҫапла пӗлтерет: меджлис депутачӗсем Даньял Акбельпе Халиль Тургут, ҫутӗҫ министерствин ӗҫӗпе палӑашнӑ хыҫҫӑн, доклад ҫырса хатӗрленӗ. Доклада ҫав министерствӑн бюджетне сӳтсе явнӑ чухне меджлисра вуласа параҫҫӗ.

Хӑйсен докладӗнче депутатсем, сӑмахран, ҫапла кӑтартса параҫҫӗ: хальхи вӑхӑтра Турцире шкул ҫулне ҫитнӗ 2.962.990 ачаран 1.877.834 ача кӑна пуҫламӑш шкулсене ҫӳрет. Ҫак ҫӗршыври халӑхӑн 63 процентӗ хут пӗлмест.

## Шупашкарти ачасен ҫуртне шефа илнӗ ятпа

Ҫак кунсенче Шупашкарти ачасен санатори ҫуртӗнче Бронетанковӑй ҫарсен Сталин ячӗпе тӑракан Ленин орденлӗ Академийӗнчен килнӗ ҫырӑва сӳтсе явас шутпа пионерсен сборне ирттерчӗҫ. Ҫак ятпа кунта Сосновкӑри ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулти ачасемпе учительсем, хӑма ҫуракан заводри рабочисем, ача ҫуртӗнчи воспитательсем тата ытти хӑнасем те чылай пулчӗҫ.

Сборта Совет Союзӗн Геройӗ Александр Васильевич Кочетов юлташ ачасене Бронетанковӑй ҫарсен Сталин ячӗпе тӑракан Ленин орденлӗ ҫар Академийӗ Шупашкарти ачасен санатори ҫуртне шефа илме йышӑнни ҫинчен пӗлтерет. Кочетов юлташ унтан килнӗ ҫырӑва вуласа парать.

Ҫӗнӗ хыпара ачасем пӗтӗм чун-чӗререн савӑнса кӗтсе илчӗҫ.

Ачасене Чӑваш АССР Ҫутӗҫ министерстви ячӗпе, шефа илнӗ хӑма ҫуракан завод коллективӗ ячӗпе сывлӑх сунаҫҫӗ, вӗренӳре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума сӗнеҫҫӗ.

Пионерсен сборӗ Совет Союзӗнчи пионерсен юррине юрланипе вӗҫленет.

Юлашкинчен ачасем хӑйсен пултарулӑхне кӑтартнӑ.

Ӳкерчӗк ҫинче: Ача ҫуртӗнчи пионерсен сборӗнче.

И. Никифоров фотоӳкерчӗкӗ.

## Хӗллехи экзаменсем вӗҫленчӗҫ

Чӑвашсен ялхуҫалӑх институтӗнчи I—III-мӗш курссенче вӗренекен студентсен хӗллехи экзаменӗсем вӗҫленчӗҫ. Экзаменсем чылай студентсем тарӑн та ҫирӗп пӗлӳ илнине кӑтартса пачӗҫ.

Иртнӗ 1954—1955 вӗренӳ ҫулӗнчи ҫуркуннехи экзаменсенче зоотехника факультетӗнчи II-мӗш курсра вӗренӳ отличникӗсем пачах та пулман. Ун хыҫҫӑн ҫак факультетри кашни группӑрах вӗренӳ пахалӑхне ӳстерессн, дисциплинӑна ҫирӗплетесси, студентсем харпӑр хӑй тӗллӗн ытларах ӗҫлесси ҫинчен тӗплӗн сӳтсе яврӗҫ. Вӗренӳре кая юлса пыракан студентсене пулӑшса пыма тытӑнчӗҫ. Халӗ зоотехника факультетӗнчи виҫҫӗмӗш курсра вӗренекен В. Ведин, И. Мадебейкин, А. Никитин, Н. Алексеев, И. Мирясов, Р. Фролова, Н. Боронина тата А. Архипова пур предметсемпе те «5» паллӑсем илчӗҫ. Н. Иванов, В. Гурьев, Н. Афанасьев, А. Ядринцев, Е. Иванова хӗллехи экзаменсене «5» тата «4» паллӑсемпе вӗҫлерӗҫ.

Агрономи факультетӗнче вӗренекен студентсем те кӑҫалхи хӗллехи экзаменсене ӑнӑҫлӑ вӗҫлерӗҫ.

Институтри студентсем хӗллехи каникула усӑллӑ та интереслӗ ирттереҫҫӗ. Каникул кунӗсенче колхозсенче пулса, вӗсем «Улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе КПСС ХХ-мӗш съезчӗ паракан Директивӑсен проекчӗсем», «Колхозсенче симӗс конвейер организацилесси», «Ҫамрӑк выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарасси», «Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхӗн продуктивноҫне хӑпартмалли майсем» тата ытти темӑсем тӑрӑх лекцисемпе докладсем тата калаҫусем ирттереҫҫӗ.

### МОТОЦИКЛИСТСЕН АМАРТӐВӖ

«Спартак» спорт обществи ҫумӗнче иртнӗ ҫул мотоциклистсен секцине организациленӗ. Мотоциклетпа ҫӳреме вӗренекен ҫамрӑксемпе час-часах занятисем тата ӑмӑртусем ирттернӗ. Ҫакна май кӗске вӑхӑт хушшинчех 10 ҫын спорт классификацийӗн виҫҫӗмӗш разряд нормине тултарнӑ.

Нумаях та пулмасть мотоциклистсемпе каток ҫинче чупмалли ӑмӑрту ирттернӗ. Хӗрарӑмсенчен ӑмӑртура З. Дзифута, арҫынсенчен—«Кооператор» артельте столяр пулса ӗҫлекен Д. Бек мала тухнӑ.

## Ыйтусемпе ответсем

**Ыйту.** Хӗллехи сивӗ кунсенче мӗншӗн виҫӗ хӗвел тухать?

Г. Начкин Отиково ялӗ, Вӑрнар районӗ.

**Ответ.** Г. Начкин ыйтӑвӗ ҫине панӑ ответа ҫӑмӑлрах ӑнланса илмелле пултӑр тесе, чи малтанах ҫутӑ хуҫӑлни (вырӑсла—преломление света) ҫинчен калапӑр.

Витӗр курӑнакан япаларан тунӑ виҫӗ енлӗ призма илӗпӗр те, ҫав призма витӗр ҫутатакан япала ҫине пӑхӑпӑр. Ҫутатакан япала малтан хӗп-хӗрлӗ курӑнать, призмӑна кӑшт ҫаврӑрсанах сап-сарӑ пулать тата кӑшт ҫаврӑрсан сип-симӗс, унтан кӑн-кӑвак, кӗрен тӗслӗ курӑнать. Хӗп-хӗрлӗ курӑннӑ чухне ҫутӑ япала пӗр вырӑнта курӑнать, призмӑна кӑшт ҫаврнипе сарӑ курӑннӑ чухне ҫутатакан япала вырӑнтан куҫнӑ пек туйӑнать. Призмӑна татах ҫаврӑрсан ҫутӑ япала тепӗр тӗлте курӑнать, унӑн тӗсӗ те улшӑнать.

Ҫутӑ пӗр-пӗр витӗр курӑнакан япала витӗр тухса тепӗр япала ӑшне кӗнӗ чухне хӑйӗн тӳрӗ ҫулӗнчен кӑшт пӑрӑнать. Ҫакна ҫутӑ хуҫӑлни теҫҫӗ. Витӗр курӑнакан призма ӑшне кӗнӗ чухне ҫутӑ хӑйӗн ҫулӗнчен пӗрре пӑрӑнать, тухнӑ чухне тепре пӑрӑнать. Ҫавӑнпа призма витӗр пӑхнӑ чухне япаласем хӑйсен вырӑнӗсенчен куҫнӑ пек туйӑнать. Призма ҫине шурӑ ҫутӑ ӳксен те унтан тӗрлӗ тӗслӗ ҫутӑсем тухаҫҫӗ, мӗншӗн тесен хӗрлӗ тӗслӗ ҫутӑ призмӑна кӗнӗ чухне те, унтан тухнӑ чухне те хӑйӗн ҫулӗнчен сахал пӑрӑнать, ытти тӗслӗ ҫутӑсем ытларах пӑрӑнаҫҫӗ. Ҫавӑн пирки призма витӗр тухакан ҫутӑ шур хут ҫине ӳксен ҫак хут ҫинче спектр йӑрӑмӗсем пулаҫҫӗ. Спектр йӑрӑмӗнче хӗрлӗ, сарӑ, симӗс, кӑвак, кӗрен тӗссем палӑраҫҫӗ.

Маларах каланине пӗлнипе эпир сивӗ кунсенче мӗншӗн виҫӗ хӗвел тухнӑ пек курӑннине ӑнланса илме пултаратпӑр.

Сывлӑшра хуть те хӑҫан та шыв пӑсӗ, вӗтӗ тумламсем пур. Хӗллехи сивӗ ҫанталӑкра шыв шӑнать, вара сывлӑшра питӗ вӗтӗ пӑр кристалӗсем пулаҫҫӗ. Хӗвел ҫути ҫав кристалсем ҫине ӳксе хӑйӗн ҫулӗнчен пӑрӑнать, пирӗн еннелле килет. Хӗвелтен тӳрех пирӗн пата ҫутӑ ӳкнипе эпир хӗвеле хӑйне куратпӑр, кристалсем ҫине ӳкекен ҫутӑ пайӑркисем ҫулне улӑштарса пирӗн еннелле пынӑ пирки эпир чӑн хӗвелтен сылтӑм енче тепӗр хӗвел (суя хӗвел) куратпӑр. Хӗвелӗн сулахай енче те ҫавӑн пекех тепӗр хӗвел тухнӑ пек курӑнать.

Хӗвел ҫути пур еннелле те саланать, ҫавӑнпа сывлӑшри пур вӗтӗ кристалсем те хӗвелӗн ҫутине тӳрӗ ҫултан пӑрса яраҫҫӗ. Анчах пирӗн пата пӗр вырӑнти кристалсенчен хуҫӑлса тухакан ҫутӑ пайӑркисем кӑна тӳрех ҫитеҫҫӗ. Ҫавӑнпа эпир суя хӗвеле сылтӑм енче пӗр вырӑнта кӑна куратпӑр. Ытти вырӑнти кристалсенчен хуҫӑлса тухакан ҫутӑ пайӑркисем пирӗн еннелле килмеҫҫӗ, ҫавӑнпа курӑнмаҫҫӗ.

Икӗ суя хӗвелтен ҫӳлелле йӑрӑм ҫутӑ каять, вӑл ҫур ункӑ пек курӑнать, унӑн аялти вӗҫӗнче икӗ суя хӗвел пулать. Ҫутӑ йӑрӑмра асамат кӗперри пекех хӗрлӗ, симӗс, кӑвак тӗссем пулаҫҫӗ. Хӑшпӗр сивӗ кунсенче хӗвел тавра ҫутӑункӑ курӑнать. Ҫӗрле уйӑх та ҫавӑн пекех карталанать.

Ҫапла ӗнтӗ, суя хӗвел курӑнни тата хӗвелпе уйӑх карталанни сывлӑшра питӗ вӗтӗ пӑр кристалӗсем пулнинчен килет. Пӑр кристалӗсем витӗр тухнӑ чухне ҫутӑ хӑйӗн тӳрӗ ҫулӗнчен пӑрӑннӑ пирки ҫавӑн пек явленисем (суя хӗвел курӑнни, уйӑх тата хӗвел карталанни) пулаҫҫӗ.

Ф. КУЗЬМИН.

**Ыйту:** Мӗн вӑл гипноз тата унпа медицинӑра усӑ кураҫҫӗ-и?

Г. Петров. Тивӗш ялӗ, Муркаш районӗ.

**Ответ:** Гипноз грекла ыйхӑ тени пулать. Ун ҫинчен тахҫан авалах пӗлнӗ: Авалхи Египетпа Индири чиркӳсенче гипнозпа уйрӑмах тӗн праҫникӗсем вӑхӑтӗнче усӑ курнӑ. Гипноз чиркӳ ҫыннисене тӗн тӗллевӗсене тивӗҫтерме кирлӗ пулнӑ. Чиркӳ ҫыннисем (жрецсем) вӑл вӑхӑтра кӗл тума пынӑ хӑшпӗр ҫынсене гипнозпа ҫывӑратса янӑ, ҫывӑрса кайнӑ ҫынсем чиркӳ ҫыннисем мӗн каланине пурне те итленӗ, мӗн хушнине пурнӑҫланӑ (гипнозпа ҫывӑратнӑ ҫынсем утса ҫӳрепӗ, калаҫнӑ, ыйтусем ҫине ответленӗ тата ытти те). Турра ӗненекен ҫынсене ҫакӑ питӗ тӗлӗнтернӗ, вӗсем чиркӳсемпе чиркӳ ҫыннисене «турӑ хӑват парса тӑрать пулӗ», тесе шутланӑ. Чиркӳ ҫыннисем вара ҫакӑнпа вӑтанмасӑрах усӑ курнӑ, вӗсем халӑхран ултавлӑ майпа укҫа нумай сӑптӑрнӑ. Хӑш чухне тата чирлӗ ҫынсене, уйрӑмах нерва чирӗсемпе чирлекен ҫынсене, гипнозпа чӗртнисем те тӗл пулкаланӑ. Кун пек чухне вара ӑна чиркӳ ҫыннисем хӑйсем майлӑ ӑнлантарса пама тӑрӑшнӑ: чирлӗ ҫын ӑшӗнчен «усал вӑя» хӑваласа кӑларнӑ е «пӑснине» юсанӑ пек кӑтартнӑ. Ку вӑл халӑх хушшинче тӗшмӗш ытларах сарма пулӑшнӑ. Ун чухне гипноз пирки акӑ мӗн шутланӑ: гипноз вӑл хура куҫсенчен тухса тӑракан пачах урӑхла йӑлтӑркка ҫутӑсем пулӑшнипе пулакан япала пулса тӑрать, кун пек куҫлӑ ҫынсем сахал тӗл пулаҫҫӗ, тенӗ.

Гипноз ҫинчен 18—19-мӗш ӗмӗрсенчех наукӑлла ӑнлантарса пама тӑрӑшнӑ. Анчах та ун чухне ӑнлантарса панисем пӗтӗмпе тенӗ пекех идеализмла наука ҫинче никӗсленсе тӑнӑ.

Гипноз ҫинчен чи малтан Россиийӑра кӑна наука кӑтартнӑ пек тӗрӗс ӑнлантарса панӑ. Ку тӗлӗшпе уйрӑмах паллӑ физиолог И. П. Павлов ӑнӑҫлӑн ӗҫленӗ. Унӑн вӗрентӗвӗ материализмла наука ҫинче никӗсленсе тӑрать. Вӑл гипнозпа медицинӑра анлӑн усӑ курма ҫул уҫса панӑ, этемлӗхе гипнозӑн «вӑрттӑнлӑхӗ» ҫинчен ӑнлантарса панӑ.

И. П. Павлов вӗрентнӗ тӑрӑх, гипноз тусан ҫыннӑн пуҫ мимин тулаш сийӗнчи хӑшпӗр клеткӑсем ӗҫлеме чарӑнаҫҫӗ, ҫын ҫывӑрнӑ пек пулать. Ку вӑл гипноз нулать те ӗнтӗ. Гипноз вӑхӑтӗнче ӗҫлеме чарӑннӑ клеткӑсемсӗр пуҫне, пуҫ мимин тулаш сийӗнчи ытти клеткӑсем ҫаплипех ӗҫлеҫҫӗ, ҫавӑнпа та гипнозпа ҫывӑрса кайнӑ ҫын гипноз тӑвакан ҫынпа калаҫма пултарать. Вӑл хӑйне мӗн каланине лайӑх илтет, мӗн хушнине пурне те тӑвать.

Гипнозпа ҫывӑрса кайнӑ ҫын япӑххи ҫинчен, хӑйне кӳрентерекен япаласем ҫинчен пӗтӗмпех манса каять, ку вӑл ҫынна гипнозпа сыватас ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать.

Гипнозпа ҫынна мӗнле майпа ҫывратни ҫинчен наука тӗрӗс ӑнлантарса парать. Ҫын гипнозпа, ӗлӗк авал шухӑшланӑ пек, гипноз тӑвакан ҫынран темӗнле вӑй-хӑват пырса тӑнипе ҫывӑрмасть иккен. Гипноз тӑвакан ҫын яланах пӗр пек сӑмахсем каласа ҫывӑрма хушни тата ҫын пӗр ҫӗре тӗллесе пӑхса ларни ҫынна ывӑнтарса ҫитерет, вара вӑл ҫывӑрса каять. Гипноз тунӑ чухне уйрӑмах сӑмахпа каласа ҫывӑратма хушни тӗп вырӑн йышӑнса тӑрать. Ҫавӑнпа та ӗнтӗ гипноз тӑвакан ҫын «хура куҫлӑ» тата «пултарулла» пулма кирлӗ тени пустуй сӑмах кӑна. Гипноз тума пӗлес пулсан, гипноз техникине лайӑх пӗлмелле тата унпа тӗрӗс усӑ курмалла. Сӑмахран, гипноз тумалли сеанса пичетленӗ патефон пластинки те сӑмахпа каласа ҫывӑратнӑ пекех ҫынна ҫывратса яма пултарать. Гипнозпа ҫывратасси ҫыннӑн организмӗ мӗнле пулнинчен килет, пур ҫын та пӗр пек ҫывӑрса каймасть, хӑшӗсем пачах ҫывраймаҫҫӗ.

Гипноз тунӑ ҫынна вӑратмасан, вӑл майӗпен ытти чухнехи пекех ҫывӑрма пуҫлать, 8—10 сехет иртсен хӑех вӑранать.

Гипнозпа сыватас пулсан ҫынна малтан ҫывратмалла, кайран тин сыватма пуҫламалла. Гипнозпа медицинӑра анлӑн усӑ кураҫҫӗ: операци вӑхӑтӗнче, шӑл кӑларнӑ чухне, ҫавӑн пекех ӳт-тир чирӗсенчен сыватнӑ чухне усӑ курма пулать. Гипнозпа ҫывратнӑ ҫын ыратнине туймасть. Ҫавӑн пекех ачасен шӑк чараксӑр пулсан, ҫын эрех ӗҫме пӑрахаймасть пулсан, нерва чирӗсемпе чирленӗ ҫынсене (ҫын ҫывраймасть, унӑн пуҫӗ ыратать тата ытти те) гипнозпа сыватма пулать.

Шупашкар хулинче гипнозпа чылай ҫынсене сыватнӑ. Сӑмахран, Л. урине паралич ҫапнӑ, вӑл эрне хушши утайман. Гипнозпа ҫывратса пӗр сеанс тунӑ хыҫҫӑн 5 минутранах вӑл ура ҫине тӑнӑ. Икӗ ҫул каялла А. студентка пирӗн пата пынӑччӗ. Унӑн аллинче шӗпӗнсем нумайччӗ. Гипнозпа ҫывратса икӗ сеанс тунӑ хыҫҫӑн, унӑн аллинче шӗпӗнсем юлмарӗҫ. Ҫавӑн пекех гипноз пулӑшнипе ӳт-тир чирӗсемпе, бронхиальнӑй астмӑпа чирлекен, ыйхӑ вӗҫнипе аптӑракан ҫынсене, ялан ӗҫме хӑнӑхса пӑсӑлнӑ ҫынсене тата ыттисене те чылай сыватнӑ. Юлашки вӑхӑтра пирӗн пата шӑк чараксӑр пулнипе чирлекен 200 ачана илсе пынӑччӗ, вӗсенчен чылайӑшне сыватнӑ.

Гипнозпа пур чирсенчен те сыватма пулать тесе ӑнлани те тӗрӗс мар. Медицинӑра урӑх майпа нисепле те сыватма май ҫук пулсан кӑна гипнозпа сыватаҫҫӗ. Хальхи вӑхӑтра гипнозпа сыватасси медицинӑра ытларах та ытларах сарӑлса пырать. Хулара кӑна мар, ялсенче те чылай ҫӗрте нумай чирсенчен сыватас ӗҫре гипнозпа усӑ кураҫҫӗ. Пирӗн Чӑваш республикинче, сӑмахран, гипнозпа Красноармейски районӗнчи больницӑра усӑ кураҫҫӗ.

Врач К. ЛАПТЕНКОВ.

## Пӗлтерни

Январӗн 25-мӗшӗнче, каҫхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотекинче (Урицкий урамӗ) пропагандистсем тата КПСС историйӗпе теорине харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Коммунистсен партийӗн теорилле никӗсӗсем. В. И. Ленинӑн «Материализм тата эмпириокритицизм» кӗнекин историлле пӗлтерӗшӗ».

Лекторӗ М. Ф. Фадеев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧӖ.

Редактор заместителӗ П. Н. НИКОЛАЕВ.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ январӗн 25-мӗшӗнче «Виҫӗ туй»—чӑвашла спектакль, январӗн 26-мӗшӗнче «Юрату вилӗмсӗр»—чӑвашла спектакль. Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуҫланаҫҫӗ.

### КИНО

«РОДИНА». Январӗн 25-мӗшӗнче кӑнтӑрлахи тата каҫхи сеанссенче ҫӗнӗ илемлӗ фильм «Педагогическая поэма» кӑтартаҫҫӗ. Кӑнтӑрлахи сеанссем 10, 12, 14, каҫхи сеанссем 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуҫланаҫҫӗ.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—3-04, совет строительстви пайӗ—3-04, литературӑпа искусство пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—3-54, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 00321 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37,000 экз.